ПЕТЕМ ТЕНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШЕР[illegible]

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 22 ЫТЛАРИКУН
№ 186 (9095)
36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Совет Союзĕпе Корея пĕлтерни

## Совет Правительствипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство делегацийĕ хушшинче пулса иртнĕ калаçусем çинчен

Сентябрĕн 11—19-мĕшĕсенче Мускавра Совет Правительствипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕ хушшинче калаçусем пулса иртнĕ.

Совет Союзĕ енчен калаçусене çаксем хутшăннă:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. М. Молотов, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Оборона Министрĕ Н. А. Булганин, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ тата СССР Суту-илĕ Министрĕ А. И. Микоян, СССР Министрĕсен Совечĕн Государство План Комитечĕн Председателĕ М. З. Сабуров, Тулашри Суту-илĕ Министрĕн Заместителĕ С. А. Борисов, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посол С. П. Суздалев, ССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Суту-илĕ Представителĕ П. И. Сакун.

Корея енчен калаçусене çаксем хутшăннă:

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕ Ким Ир Сен, Корейăри Ĕçлĕх Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Председателĕн Заместителĕ Пак Ден Ай, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕн Заместителĕ Тен Ир Лен, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Нам Ир, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Государство План Комиссийĕн Председателĕ Тен Дюн Тхяк, Чугун çулсен министрĕ Ким Хэ Иль, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Лим Хэ.

Калаçусене çавăн пекех Китай Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Чжан Вэнь-тянь хутшăннă.

Калаçусем пынă вăхăтра Совет Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики хушшинчи туслă хутшăнусене малалла аталантарас тата тĕреклетес тĕлĕшпе икĕ енне те интереслентерекен ыйтусене, çавăн пекех тата Корея ыйтăвне мирлĕн татса парассипе çыхăнса тăракан ыйтусене сÿтсе явнă. Çакăн пирки пĕр-пĕрне лайăх ăнланса ситнĕ: ССР Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики хушшинче пулса тăнă туслăх тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси икĕ çĕршыври халăхсен интересĕсене те тивĕçтерессĕ, вĕсем Инçет Хĕвелтухăçĕнче мирпе хăрушсăрлăха тĕреклетес ĕçе пулăшассĕ. Икĕ енĕ те çапла шутлаççĕ: Корейăра перемири туни Корея çĕршывне пĕрлештернĕ никĕс çинче Корея ыйтăвне мирлĕн татса пама çăмăллатакан тата Корея государство тытăмĕн ыйтăвĕсене татса пама Корея халăхне хăйне май паракан условисем туса хучĕ. СССР Правительствипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви çак тĕллевпе мĕнпур интересленекен государствăсемпе пĕрле ĕçлеме хатĕр тăнине палăртнă.

Вăрçă вăхăтĕнче хăйĕн никама пăхăнманлăхĕпе ирĕклĕхĕшĕн кĕрешсе пысăк сухату тÿснĕ Корея халăхне ССР Союзĕ экономикăлла пулăшу парас ыйтусем çине уйрăмах тимлĕн пăхнă.

Калаçусем вăхăтĕнче Демократиллĕ Корея Халăх Республикин вăрçă юхăнтарса хăварнă халăх хуçалăхне юсама каялла илмелле мар йĕркепе СССР Правительстви уйăрса панă 1 миллиард тенкĕ укçапа усă курас тĕлĕшпе тăракан ыйтусене сÿтсе явнă.

Çакăн çинчен калаçса татăлнă: асăннă укçа-тенкĕпе Ялу юханшывĕ çинчи Супунри пысăк гидроэлектростанцие юсаса ĕçе ямалла; хура тата тĕслĕ металлурги завочĕсене юсамалла тата туса лартмалла; çав шутра Чондинри тата Кимчакри металлурги завочĕсене, Нампхори тĕслĕ металсен заводне тума, химипе цемент промышленноçĕн завочĕсене ĕçе кĕртмелле, вăл шутра—ялхуçалăхĕ валли минераллă удобренисем туса кăларакан Хыннамри завод, Сынхорири цемент завочĕ пур; пир-авăрпа апат-çимĕç промышленность предприятийĕсем, вăл шутра пысăк пир-авăр комбиначĕ, пурçăн арлакан тата тĕртекен фабрика, аш-какай комбиначĕ, пулă консервĕсен завочĕсем тумалла.

Промышленность предприятийĕсене юсама тата çĕнĕрен тума Совет Союзĕ паракан пулăшу совет организацийĕсем проектсем туса панипе, оборудовани тата материалсем тăратнипе, предприятисене юсанă тата çĕнĕрен тунă вăхăтра техникăлла пулăшу панипе, асăннă предприятисенче продукци туса кăларас ĕçе организацилеме лицензисем тата техникăлла документаци панипе, çавăн пекех тата çак предприятисем валли Корея халăхĕ хушшинчен нацилле кадрсем хатĕрлесе панипе пурнăçланса пырать.

Калаçусем пулса иртнĕ вăхăтра тата чугун çул транспорчĕпе çыхăну предприятийĕсене юсама Совет Союзĕнчен оборудованипе материалсем тата ялхуçалăхне аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăракан ялхуçалăх машинисем, хатĕрсем, удобренисем, ĕратлă вылăх, лашасем, çавăн пекех пулă тытмалли пăрахутсем, çурт-йĕрпе коммунальнăй хуçалăха, больницăсене, шкулсене юсама машинăсем, оборудовани тата материалсем тăратасси çинчен калаçса татăлнă.

Çавăн пекех Совет Союзĕнчен Демократиллĕ Корея Халăх Республикин халăхĕ валли халăха кирлĕ таварсем тăратма палăртнă.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин халăх хуçалăхне юсас тĕлĕшпе вăраха ямасăр татса памалли задачăсене пурнăçланă чухне пысăк тăкаксем пулассине шута илсе Совет Правительстви Совет Союзĕ маларах кивçен панă мĕнпур укçа-тенке Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви тÿлесе татассине тепĕр срока хăварнă тата вĕсене тÿлесе татма çĕнĕ, çăмăлрах условисем туса панă.

Калаçусем ССР Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики хушшинчи туслă хутшăнусене малалла тĕреклетес ĕç пысăк вырăн йышăнса тăнине чăререн тата туллин ăнланнипе пулса иртнĕ.

## Г. М. МАЛЕНКОВ ПАТĔНЧЕ

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИН ПРАВИТЕЛЬСТВО ДЕЛЕГАЦИЙĔ ЯЧĔПЕ ПУЛНĂ АПАТЛАНУ

Сентябрĕн 19-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕ ячĕпе Кремльте апатлану иртгернĕ.

Апатланура Корея енчен çаксем пулнă: Министрсен Кабинечĕн Председателĕ Ким Ир Сен, Корейăри Ĕçлĕх Партийĕн Центральнăй Комитечĕн Председателĕн Заместителĕ Пак Ден Ай, Министрсен Кабинечĕн Председателĕн Заместителĕ Тен Ир Лен, Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Нам Ир, Государство План Комиссийĕн Председателĕ Тен Дюн Тхяк, Чугун çулсен Министрĕ Ким Хэ Иль, Культурăпа пропаганда Министрĕ Хо Ден Сук, Йывăр промышленность Министрĕн Заместителĕ Ким Хен Кук, Сыхăну Министрĕн Заместителĕ Син Чон Тхэк, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Лим Хэ.

Апатланура çавăн пекех Китай Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Чжан Вэнь-тянь пулнă.

Совет Союзĕ енчен апатланура çаксем пулнă: В. М. Молотов, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, М. З. Сабуров, М. Г. Первухин, М. А. Суслов, П. К. Пономаренко, И. Ф. Тевосян, С. Н. Круглов, А. Н. Косыгин, В. А. Малышев, С. М. Тихомиров, И. А. Бенедиктов, С. А. Акопов, П. А. Юдин, В. П. Зотов, М. А. Яснов, Совет Союзĕн Маршалĕ А. М. Василевский, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ А. А. Громыко, СССР Тулашри суту-илĕ Министрĕн Заместителĕ С. А. Борисов, ССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ С. П. Суздалев, Фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсен Комитечĕн Председателĕ Н. В. Попова, Авиаци Маршалĕ П. Ф. Жигарев, Артиллери Маршалĕ М. И. Неделин, Арми Генералĕ М. С. Малинин, Адмирал Н. Е. Басистый, ССР Союзĕн Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи Суту-илĕ Представителĕ П. И. Сакун, ТАСС-ăн ответлă руководителĕ Н. Г. Пальгунов, СССР Госпланĕн Капитальнăй ĕçсен Пайĕн Начальникĕ И. С. Иванов, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Инçет Хĕвелтухăç Пайĕн Заведующийĕ Н. Т. Федоренко, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствин Протокол Пайĕн Заведующийĕ Д. А. Жуков, СССР Тулашри Суту-илĕ Министерствин Хĕвелтухăç Управленийĕн Начальникĕн Заместителĕ М. И. Сладковский.

Апатлану ăшшăн тата туслăн иртнĕ. Г. М. Маленковпа Ким Ир Сен сăмахсем каланă.

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. МАЛЕНКОВ 1953 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнче Кремльте пулнă апатланура каланă сăмах

Чăререн хисепленĕ Премьер-Министр, Чăререн хисепленĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕн членĕсем!

Кунта, Мускавра, Сире тата Сирĕн урлă паттăр Корея халăхне хăйĕн Тăван çĕршывне интервентсем тапăннинчен хÿтĕлесе хăварнă халăха, саламлама ирĕк парăр. Пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхпе пĕрле совет çыннисем Корея халăхне чи çывăх туса юратнă пек юратаççĕ.

Паян кореец сăмах наци вăй-хăвачĕн чапĕпе çирĕплĕхĕн символĕ, Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн чыслăн та паттăррăн кĕрешнине кăтартакан символ пулса тăчĕ.

Мухтавлă Корея халăхĕ ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешÿ историне çĕнĕрен чаплă страница çырса хучĕ. Çак страница вара çапла вĕрентет: çĕршывăн кун-çулне хăйĕн аллине илнĕ халăхăн вăйне хуçма пултаракан вăй тĕнчере çук.

Корея патриочĕсене çĕнтерÿ тума, кĕрешÿре хăюлăхпа паттăрлăх кăтартма икĕ çăлкуçĕ вăй парса тăнă: хăйĕн ĕçĕ питех те тĕрĕс пулнине ăнланса тăни тата Корея халăхĕпе пĕрле пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх нихçанхинчен те ытла пĕр шухăшлă пулни.

Китай халăх добровольцĕсен ĕмĕр асра тăракан паттăрлăхĕ Азири халăхсене çыхăнтарса тăракан çирĕп туслăха кăтартса пачĕ. Çакă вăл Хĕвелтухăçĕнче пулса тăнă çĕнĕ самана пулни, Азири халăхсем наци ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăх илессишĕн тата ăна хÿтĕлесе хăварассишĕн кĕрешме хатĕр тăнине кăтартакан паллă пулса тăрать. Азири халăхсем Азие тепĕр хут çĕнĕ вăрçă вучахĕ туса хума парасшăн мар.

Мире юратакан халăхсем Корея халăхĕпе Китай халăх добровольцĕсен историллĕ паттăр ĕçне тав туса йышăнаççĕ. Вĕсем Хĕвелтухăçĕнче мир ĕçне хÿтĕлесе хăварчĕç, тĕнчере çĕнĕ вăрçă кăларма тăрăшакан агрессорсен хĕрÿлĕхне сахал мар сивĕтрĕç. Корея уй-хирĕсенче паттăррăн кĕрешсе, мухтавлă Корейăпа Китай патриочĕсем реакциллĕ вăйсен пысăк тĕллев тытакан планĕсене питех те сисĕнмелле пырса çапрĕç. Реакциллĕ вăйсен планĕ вăл—Азири тата Лăпкă океан бассейнĕнчи халăхсен наци ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăх çулĕ çинчи прогрессивлă юхăмне пусарса лартасси пулать.

Агрессиллĕ ушкăнсем уççăнах паллă çак факта шута илесшĕн мар: кивĕ Ази,—унта ют çĕршывсен вăйĕсем халăхсене вĕçĕ-хĕррисĕр пусмăрласа тата чÿралантарса пурăннă,—иртнĕ вăхăта юлса пырать. Агрессиллĕ вăйсем Хĕвелтухăçĕнчи халăхсен çĕнĕрен çĕкленсе тăрассишĕн пыракан аслă ĕçне чарса лартасшăн, пĕтерсе хурасшăн. Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем çĕнĕрен çĕкленсе тăни вăл пирĕн саманари чи паха пулăмсенчен пĕри пулса тăрать, вăл кучухнехи пĕтĕм цивилизаци малалла çĕклеме хавхалантаракан малашлăх усса парать.

175 çул ытла каялла Çурçĕр Америкăри 13 колони, хăйсем колони пулса пăхăнса тăнине пĕтерсе, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене туса хурасси çинчен йышăннă решени историллĕ прогресс ĕçĕ пулнине йышăнмасăр тăракан американеца пирĕн кунсенче тупма пулать-ши? Никама пăхăнманни çинчен йышăннă Декларацийĕ—законлă мар, мĕншĕн тесен вăл халăха «хăйĕн хăрушсăрлăхĕпе телейне пурнăçлама пуринчен те юрăхлăрах» принципсем тăрăх тата ăна юрăхлă формăпа власть туса хума право панă, тесе çирĕплетсе калама пултаракан американеца пирĕн кунсенче тупма пулать-ши? Паллах çук. Анчах [illegible] пулсан, мĕншĕн-ха Америкăри паллă ушкăнсем Хĕвелтухăçĕнчи государствă[illegible] ĕçĕсене, çак государствăсен халăхĕсем Вашингтонри политиксене килĕш[illegible] тытăм форми суйласа илессĕ пулсан, сĕмсĕррĕн хутшăнассĕ, вĕсене хирĕç блокада тăвассĕ, вăрçă кăларма провокацисем тăвассĕ?

Кунта ытла та тĕлĕнмелле, хăйне майлă философи палăрать пулмалла: американецсене 18-мĕш ĕмĕр вĕçĕнчех килĕшÿллĕ пулнă ĕçсем китаецсене, индиецсене, кореецсене, индонезиецсене 20-мĕш ĕмĕрĕн иккĕмĕш пайĕнче те килĕшмессĕ иккен. Анчах ку вăл расизмăн кивĕ юрри пулса тăрать; ку вăл—халăхсен историллĕ прогресс ĕçне хирĕç тăракан политика тытса пыма хăтланни. Америкăри хăшпĕр деятельсем халĕ «колониллĕ кивĕ политикăна» хирĕç тăракансен тупне тăхăнма пăхаççĕ пулсан, çакна йышăнма тивет: вĕсен колониллĕ çĕнĕ политики экспанси енĕпе ку таранччен пĕлекен мĕнпур тĕслĕхсене аякка тăратса хăварать. Вăл агрессиллĕ политика пулса тăрать. Вăл, Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене килĕшнĕ пек, тĕнчене çĕнĕрен валеçсе тухас тĕллев тытать.

Çакна ăнланма вăхăт ĕнтĕ: истори вăл ăна чарса лартасшăн тăрăшакан çынсем, прогресс çулĕпе малалла пыракан халăхсен юхăмне чарса лартасшăн тăракан çынсем, пулас этемлĕхе унăн ĕнерхи кунне таварса парасшăн тăракан çынсем кăтартса пани тăрăх аталанса пымасть. Тĕнчере мĕн пулса иртнине ăнланма пултараймасан çынсем кăна Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсем тĕлĕшпе тытса пыракан хăйсен тулашри политикине чи кая юлнă, сутăнчăк, çĕрсе çитнĕ пурнăçа палăртса тăракан çынсемпе ушкăнсене хÿтĕлессипе çыхăнтарма пултараççĕ. Хĕвелтухăçĕнчи лару-тăрăва искусственнăй майпа юри йывăрлатма тăрăшакан çынсем кăна аслă Китай халăхне шута хумасăр тăма, халăха хирĕç пыракан Чан Кай-ши ушкăнĕ йышши ирсĕрсем çине шанăç хума пултараççĕ.

Çакнашкал политика вăл—инçетрине курман политика. Мĕншĕн тесен Азире тата Лăпкă океан бассейнĕнче тĕпрен пулса иртнĕ улшăнусене шута илмесĕр тăма çук, çак улшăнусем вĕсем çак районта пурăнакан пĕр миллиард ытла çынсен вăрçă хыççăнхи пурнăçĕнче хăйсен йĕрне палăртса тăраççĕ.

Корейăра перемири туни, сăмах та çук, агресси вăйĕсемпе тĕнчери авантюрăсене хирĕç кĕрешекен, мире юратакан мĕнпур вăйсен кĕрешĕвĕнче пысăк çĕнтерÿ пулса тăрать. Вăл çакна уççăн кăтартса пачĕ: мире юратакан вăйсем, хăйсем чăтăмлă пулас пулсан тата çине тăрса кĕрешес пулсан, тĕнчери çивĕч ыйтусене кирлĕ пек татса памалла тума пултараççĕ.

Анчах та агрессиллĕ вăйсем Хĕвелтухăçĕнче çĕнĕрен вăрттăн усал ĕçсем тунине асăрхамасăр тăнине каçарма юраман пулĕччĕ. Çав усал ĕçсен тĕллевĕ питех те паллă—Корейăри перемирие пĕтерсе лартасси, Азире тата Лăпкă океан бассейнĕнче лару-тăрăва йывăрлатасси.

Пурте пĕлессĕ, нумаях пулмасть США государство секретарĕпе Ли Сын Ман договор туса алă пуснă. Çак договор Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене «паллă мар вăхăта» хăйсен çĕр çинчи çарĕсене, тинĕс-çар, сывлăш-çар вăйĕсене «Корея республикин территорийĕнче е унăн çывăхĕнче» тытса тăма право парать. Урăхла каласан, ку таранччен Америкăн хĕçпăшаллă вăйĕсем Кăнтăр Корея территорийĕнче тăнине вăрçăпа тÿрре кăларнă пулсан, халĕ ĕнтĕ çакна пĕр-пĕрин хăрушсăрлăхĕ çинчен калакан договор тенĕскерпе тÿрре кăлараççĕ. Анчах ĕçĕн пĕлтерĕшĕ нимĕн те улшăнмасть: Кăнтăр Корейăна малашне те США-н çар плацдармĕ вырăнне тытса тăма шухăшлаççĕ. Çакă вăл, паллах, Корея ыйтăвне мирлĕ йĕркепе татăклăн татса парассине тата Азири хăрушсăрлăха тĕреклетессине хирĕç пырать.

Çавăн пекех тата çакна каласа хăварни кирлĕ: Корейăра перемири çинчен тунă килĕшÿ тăрăх Политикăлла конференци пухмалла. Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи влаçра тăракан ушкăнсем Политикăлла конференци йышĕпе унăн кун йĕрки çинчен тăракан ыйтÿ пирки тытакан позицие мире юратакан вăйсем тивĕçлипех сивлеççĕ. Çав позицие пула Инди, çавăн пекех тата Хĕвелтухăçĕнчи ытти хăшпĕр государствăсем конференци тулашĕнче юлаççĕ. Çак çĕршывсем конференцие хутшăнма кирли пирки нимĕнле иккĕленÿ те пулма пултараймасть.

Çаксем пурте вĕсем США-ри влаçра тăракан ушкăнсем Корейăра тунă перемирие çирĕплетме тăрăшни çинчен, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татăклăн йĕркелес тĕлĕшпе малалла утăм тума тăрăшни çинчен каламаççĕ.

Апла пулсан, мире юратакан мĕнпур вăйсем умне тата пысăкрах ответлăх тухса тăрать. Вĕсем Корейăри перемирирен пĕтĕм тĕнчере, вăл шутра Хĕвелтухăçĕнче те, тĕнчери йывăр лару-тăрăва малалла çăмăллатас тĕлĕшпе çĕнĕ вăй хумалли пуçламăш вырăн туса хума пултараççĕ.

Объективлă условисем Хĕвелтухăçĕнчи малта пыракан обществăлла вăйсене Азирен мир крепоçĕ туса хума май параççĕ, çак чыслă задачăна татса парас тĕлĕшпе Азири мĕнпур халăхсене çитĕнÿсем тума чăререн ырă сунас пулать.

Çак объективлă условисем хушшинче Китай Халăх Республикин тĕнчери вырăнпе политики пысăк вырăн йышăнса тăрать. Империализмла ушкăнсем нумай вуншар çулсем хушши Китайра пуç пулса тăрассишĕн кĕрешни тĕнчери хутшăнусем тĕлĕшпе Хĕвелтухăçĕнче уйрăмах пысăк йывăрлăх туса хучĕ. Хальхи вăхăтра Китай Халăх Республики Азире тата Лăпкă океан бассейнĕнче хăватлă, стабилизацилекен фактор пулса тăрать. Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ, Китай ялanлăхах вĕсен вăййипе эксплуатацийĕн вырăнĕ пулма пăрахнăран, вăл форма тĕлĕшĕнчен кăна мар, тата чăннипех суверенитет илнĕрен, вăл тĕнчере статист кăна пулса тăма пăрахса хăйĕн никама пăхăнман политикине тытса пынăран агрессиллĕ ĕçсем тăвакансем çав тери ураççĕ. Тĕнчере çĕнĕ, аслă держава тухса тăчĕ, вăл ытти мĕнпур мирлĕ пурнăçа юратакан вăйсемпе пĕрле мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетес интерессене хÿтĕлесе тăрать. Ку вăл чăннипех тĕнчери пурнăçăн юлашки вунă çулсем хушшинчи аталанăвĕнче пулса тăнă историллĕ пысăк итог, иртнĕ пурнăçа кăна мар, тата малашлăха та çутатса тăракан итог пулса тăрать.

Çав вăхăтрах хăшпĕр ушкăнсем Китай тĕлĕшĕнчен агрессиллĕ политика тытса пыраççĕ, Китай Халăх Республикине пĕр-пĕччен тăратса хăварма хăтланаççĕ. Паллă ĕнтĕ, тĕнчери кучухнехи лару-тăрура Китай Халăх Республикине темĕнле «пĕр-пĕччене» тăратса хăварма кирек мĕнле майпа шутлани те пурнăçран уйрăлнă тата реальнăй туйăма çухатнă çынсен реакциллĕ утопине кăна пĕлтерет.

Çакнашкал политикăна, чăн шухăша пăхмасăр тата историре пурпĕр çапла пулассине пăхмасăр, хальхи вăхăтра халăхсем хушшинче мир туса хурассипе çыхăнса тăракан пысăк ыйтусене аслă Китайсăрах татса пама пулать, тесе шутлакан политикăна архива пама вăхăт мар-и вара.

Мире юратакан Совет Союзĕпе мире юратакан Китай Халăх Республики хушшинчи çирĕп туслăх вăл мир ĕçĕн хăватлă тĕрекĕ пулса тăрать. Акă мĕншĕн çак туслăха мĕнпур халăхсем ырлаççĕ. Вĕсем ăна халăхсем хушшинчи мире тĕреклетме кирлĕ, малти вырăнта тăракан паха условисенчен пĕрин вырăнне хураççĕ.

Хĕвелтухăçĕнче мир туса хурас тата хăрушсăрлăха тĕреклетес енĕпе аталанса пырас пулсан, Азири тата Лăпкă океан бассейнĕнчи мĕнпур çĕршывсем хăйсем хушшинче те, тĕнчери ытти районсемпе те мирлĕ экономикăлла çыхăнусем тытма питех те пысăк майсем илнĕ пулĕччĕç. Хăй черечĕпе çакă вăл Азири çĕршывсене нумай государствăсем енчен конструктивлă тата чăн-чăн пулăшу парасси çинчен тăракан ыйтăва çĕнĕлле татса пама кирлĕ условисем туса панă пулĕччĕ.

Хаклă туссем! Сирĕн урлă паттăр Корея халăхне мĕнпур совет çыннисем чăререн, туслăн шанса тăни çинчен калама ирĕк парăр. Пирĕн халăхсем хушшинчи туслăх пирĕн çĕршывсен суверенитетне тата никама пăхăнманлăхне икĕ енĕ те хисеплекен çирĕп никĕс çинче, мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетес ĕçе туса пыма икĕ енĕ те хатĕр тăнă никĕс çинче çирĕпленсе тăрать. Çакă вăл унăн малалла тĕрекленсе тата аталанса пыма пур майсем те пуррине пĕлтерет.

Корея халăхне аслă Китай халăхĕпе те çирĕп туслăх çыхăнтарса тăнă пирки Совет Союзĕнчи халăхсем савăнаççĕ. Китай халăхĕн паттăр ывăлĕсем çак туслăха Корея çĕрĕ çинче чăнлăх çĕнтерĕвĕшĕн, Корея халăхĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн юхтарнă хăйсен юнĕпе çирĕплетрĕç. Китайпа Корея халăхĕсем хушшинчи мухтавлă туслăх ĕмĕрлĕхе пурăнтăр тата чечекленсе пытăр.

Демократиллĕ Корея Халăх Республики хăйĕн нацилле пĕрлĕхне туса хума, мирпе прогресс тума тăрăшакан Корея халăхĕн чи лайăх шанăçĕсене палăртса тăрать.

Нимĕн иккĕленмелли те çук, çитес çывăх вăхăтрах Демократиллĕ Корея Халăх Республики çĕршывăн экономикипе культурине юсаса малалла аталантарас ĕçре, хăйĕн халăхĕн пурнăçне лайăхлатас ĕçре пысăк çитĕнÿсем тăвĕ.

Интервентсем кÿнĕ сурансене сиплеме Совет Союзĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикине пур майсемпе те пулăшса тăрĕ.

Интервентсене хирĕç пынă йывăр çапăçусенче Демократиллĕ Корея Халăх Республикин халăх массисем пĕтĕм тĕнче умĕнче хăйсен аслă пĕтĕçÿлĕхне тата пĕрлĕхне кăтартса пачĕç. Çак пĕтĕçÿлĕхпе пĕрлĕх никĕсĕ вăл—Корея ĕçхалăхĕ кĕрешсе илнĕ историллĕ тивлет—рабочи класпа хресченсен союзĕ пулса тăрать. Çак таса союза пирĕн Корейăри тăванăмăрсем малашне те куç шăрçине сыхланă пек сыхласа тăччăр, ăна пур майсемпе те тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшчăр.

Çакăн çинчен шанса калама ирĕк парăр: ирхи уçă сывлăш çĕршывĕ,—Корейăна çапла калаççĕ ĕнтĕ,—часах тулли мир илĕ, пур енĕпе те çĕкленсе пырас çул çине тăрĕ.

Эпĕ Совет Союзĕпе Корея хушшинчи çирĕп туслăхшăн, паттăр Корея халăхĕшĕн, Корея ыйтăвне татăклăнах мирлĕ майпа йĕркелессишĕн тата Корея халăхĕн нацилле пĕрлĕхне туса хурассишĕн, Демократиллĕ Корея Халăх Республики Правительствишĕн тата Сирĕн сывлăхăршăн, Премьер-Министр юлташ, курка çĕклетĕп.

# Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕ КИМ ИР СЕН 1953 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнче Кремльте пулнă апатланура каланă сăмах

Чăререн хисеплекен Председатель Маленков юлташ!

Хаклă юлташсем!

Пире Совет Правительстви, совет халăхĕ, Совет Союзĕнчи партипе Правительство руководителĕсем туслăн, ăшă кăмăлпа йышăннăшăн тата, уйрăммăн илсен, пирĕн делегацишĕн вăл Мускавра пулнă вăхăтра уйрăмах хисеплĕ Георгий Максимилианович Маленков хăй тăрăшнăшăн мана Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕ ячĕпе чăререн тав тума ирĕк парăр. Çавăн цек вашăват йышăннине пула Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕ хăйĕн миссине ăнăçлă пурнăçларĕ.

Аслă Совет Союзĕ пирĕн халăха Япони империализмĕ нумай çулсем хушши пуç пулса тăнинчен ирĕке кăларчĕ, Çурçĕр Корейăра халăх влаçĕ туса хума пур майсем те туса пачĕ, демократиллĕ улшăнусем туса ирттерме май пачĕ тата пирĕн çĕршывăн Япони империалисчĕсем ишĕлтерсе хăварнă халăх хуçалăхне юсаса аталантарас ĕçре пирĕн халăха материальнăй тата техникăлла пысăк пулăшу пачĕ.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикине Совет Союзĕ хушшинче 1949 çулта пĕр-пĕринпе экономика тата культура ыйтăвĕсем тăрăх килĕштерсе ĕçлесси çинчен тунă килĕшÿ тăрăх, Совет Союзĕ Корея халăхне нумай енлĕн пачĕ пулăшу çĕршыва демократи çулĕпе малалла аталантарса пырас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăчĕ.

Ирĕке тухнă хыççăн, Совет Союзĕ тăванла пулăшнипе тата пирĕн халăх Çурçĕр Корейăра паттăррăн ĕçленипе халăхăн материальнăй тата культурăлла пурнăçне хăвăрт ÿснĕ, пирĕн Тăван çĕршыва мирлĕн пĕрлештерме демократиллĕ хăватлă никĕс туса хунă пулнă.

Пирĕн республика çине Америка империалисчĕсемпе вĕсен Ли Сын Ман ушкăнĕнчи лакейĕсем хĕçпăшалпа тапăнни пирĕн халăх хушшинче агрессорсене хирĕç тарăху тата хурайманлăх шухăшне çĕклерĕ. Хăйĕн тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешме, халăх демократи стройне хÿтĕлеме пĕр çын пек пулса алла хĕçпăшал тытса çĕкленнĕ пирĕн халăх, Китай халăх добровольцĕсемпе пĕрле халиччен пулман паттăрлăх кăтартрĕ.

Китай халăхĕ, халăх демократи çĕршывĕсем, аслă совет халăхĕ ертсе пыракан демократипе социализмăн пĕтĕм лагерĕ тăванла пулăшса пынипе Корея халăхĕ хăйĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне хÿтĕлесе хăварчĕ, Америка империалисчĕсен пирĕн çĕршыва чуралантармалли агрессиллĕ планĕсене çĕмĕрсе тăкрĕ, вĕсен ирĕксĕрех перемири тумалла пулчĕ.

Çакă вăл Корейăна Китай халăхĕн çĕнтерĕвĕ кăна мар тата пĕтĕм мир, демократи, социализм лагерĕн çĕнтерĕвĕ пулать, тесе питех те тĕрĕс шутлаççĕ.

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

# *Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕ КИМ ИР СЕН 1953 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнче Кремльте пулнă апатланура каланă сăмах*

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

Пирĕн Тăван çĕршывăн килсе тухнă чи йывăр тапхăрта пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ вăйсен пуçĕнче тăракан Совет Союзĕ Корея халăхне пысăк пулăшу парса, унăн законлă прависене интересĕсене тĕнче аренинче хўтĕлесе, пирĕн халăха тĕрĕс ĕçпе патăррăн кĕрешме хавхалантарчĕ тата пирĕн халăх хушшинче çĕнтерў тăвас шанăçа тĕреклетрĕ. Çакă вăл пирĕн халăха çĕнтерў тума кирлĕ татăклă условисенчен пĕрри пулса тăчĕ.

Паян пирĕн халăх умĕнче вăраха ямасăр татса памалли задачăсем вĕсем — вăрçă юхăнтарса хăварнă халăх хуçалăхне хăвăртрах юсаса ситересси тата аталантарасси, пирĕн халăхăн материальнăй пурнăçне йĕркелесси тата лайăхлатасси, хамăрăн Тăван çĕршыва мирлĕ майпа пĕрлештерме материальнăй никĕсе малалла тĕреклетесси пулать. Çак задачăсем вĕсем, паллах, пысăк та йывăр задачăсем пулса тăраççĕ.

Анчах, нимĕн иккĕленмелли те çук, Корейăри Ĕçлĕх партийĕ ертсе пынипе, аслă Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики тата халăх демократи çĕршывĕсем тăванла пулăшнипе Корея халăхĕ йывăрлăхсемпе чăрмавсене çĕнтерсе, вăл шалти тата тулашри мĕнпур йышши тăшмансене хирĕç кĕрешсе çĕнтерў тума пултарнă пекех, çак задачăсене те ăнăçлăн пурнăçлĕ.

Мускавра Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе Совет Союзĕн Правительствисем хушшинче пулнă каласусем ăнăçлăн иртнипе Корея халăхĕ Совет Союзĕнчен пирĕн экономикăн пурнăçри никĕсĕ пулса тăракан промышленность предприятийĕсене юсама тата çĕнĕрен тума оборудовани тата пулăшу илет, çавăн пекех вăл пирĕн çĕршывра, ялхуçалăхĕпе культурăна малалла аталантарма пысăк вырăн йышăнса тăракан пулăшу илет.

Çак пулăшу вăл çавăн пекех тата Корея халăхĕпе совет халăхĕ хушшинчи туслăха çирĕплетет, пирĕн çĕршыври рабочисемпе хресченсен союзне тĕреклетет, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас тата пирĕн çĕршыва мирлĕ майпа пĕрлештерес ĕçре, Азире мир тата хăрушсăрлăх туса хурас ĕçри пысăк çитĕнў пулса тăрать.

Пирĕн халăх, мĕнпур прогрессивлă этемлĕхпе пĕрле, совет халăхĕ Совет Союзĕнчи мухтавлă Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пĕтĕм тĕнчипе çирĕп мир туса хурас тата этемлĕхĕн çитес çутă пурнăçĕн ячĕпе коммунизм тăвас ĕçре аслă çитĕнўсем тунăшăн вĕçĕмсĕр савăнать. Пирĕн халăх совет халăхне малашне те пĕрмай çитĕнўсем тума чĕререн ырă сунать.

Сире эпĕ пысăка хурса хисеплени çинчен шантарса калама, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине, Совет Правительствине тата совет халăхне чĕререн ĕненсе тăни çинчен калама ирĕк парăр мана.

Сире, хисеплекен Маленков юлташ, ырă сывлăхлă пулма ырă сунатăп тата Сирĕн сывлăхшăн курка çĕклеме ирĕк парăр мана.

*

## Калинино районĕнчи партконференци

Калинино районĕнчи парторганизацин конференцийĕ пулчĕ. Конференцире КПСС райкомĕн секретарĕ И. Сергеев юлташ отчетлă доклад турĕ.

Отчетлă тапхăрта районти парторганизаци партилле-организацилле тата политикăлла ĕçсенче чылай ўсĕмсем тунă.

Кунпа пĕрлех конференци пуçламăш парторганизацисене ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене палăртать. Чылай парторганизацисенче парти пухăвĕсене тĕплĕн хатĕрленмесĕр ирттереççĕ, решенисенче конкретлă ĕçсене палăртмаççĕ. Сыхăну кантурĕнчи, Калинино ялповĕнчи, Мăн Явăшри çичĕ çул вĕренмелли шкулти тата ытти хăшпĕр парторганизацисенче кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче икшер пуху кăна ирттернĕ.

Парторганизацисенче парти кандидачĕсемпе ĕçлесси çителĕксĕр пулса пырать. Районĕпе илсен, стаж иртнĕ кандидатсен хисепĕ 60 процент ытла шутланать. Райком парторганизаци секретарĕсен семинарĕсенче кандидатсемпе ĕçлесси çинчен сўтсе явман.

Парти райкомĕ кадрсене суйласа илес тата вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет, кадрсене час-часах тĕплĕн тĕрĕслемесĕр ĕçе суйласа лартать. Çавна пула кадрсем тăтăшах улшăнса тăраççĕ. 1953 çулта КПСС райком номенклатурине кĕрекен работниксенчен 33 процентĕ улшăннă. Парторганизаци секретарĕсем 28 çын, колхоз председателĕсем 14 çын улшăннă.

Тухса калакан делегатсем комсомол организацийĕсене ертсе пырас ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртрĕç.

Хăшпĕр пуçламăш парторганизацисенче агитацилле-массăлла ĕçе япăхтарса янă. Парти райкомĕ агитколлективсене сахал пулăшать, лайăх опыта сармасть.

Делегатсем культурăлла-массăлла ĕç начар пулса пыни çинчен каларĕç.

Конференци районти парторганизаци ĕçне лайăхлатмалли майсене палăртса решени йышăнчĕ, райком составне суйларĕ.

М. ВАСИЛЬЕВ,
(Хамăр корр.).

## Сезонти плана тултарнă

ÇЕМĔРЛЕ. Кирпĕч завочĕ плана сезон пуçланнăранпах уйăхран уйăха ирттерсе тултарса пырать.

Кирпĕч хĕртекен цехра ĕçлекен малта пыракан предприятисен паха пуçарăвĕсемпе, çĕнĕ меслетсемпе усă кураççĕ. Ĕлĕкрех кашни кăмакара уйăхра виçĕ хут кирпĕч хĕртсе хăварнă пулсан, халĕ 4—5 хут хĕртсе кăлараççĕ.

Чылай рабочисем нормăна 130—150 процент тултарса пыраççĕ. Уйрăм стахановецсем Сулимова, Калюкина, Юшкова тата ыттисем те кашни кун икшер нормăна çити тултараççĕ.

Завод чĕрĕ кирпĕч туса кăлармалли сезонти плана срокчен тултарчĕ. Халĕ завод коллективĕ планран ирттерсе 300 пин чĕрĕ кирпĕч туса кăларассишĕн кĕрешет.

П. АНТОНОВ.

# Рабочи класс, колхоз хресченĕсем, совет интеллигенцийĕ вăя шеллемесĕр ĕçлесе КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçлаççĕ

* * *

## Трактористсен сăмахĕ

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ Тăван çĕршывăн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановление Вăрнар МТС-ĕнчи механизаторсем политикăлла пысăк активлăхпа тата ĕçре çитĕнўсем тунипе кĕтсе илчĕç. Социализмла Ĕç Геройĕ И. Пронькин тата опытлă механизатор Т. Петров юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисенчи механизаторсем ялхуçалăхне аталантарасси çинчен йышăннă постановление колхозсенче кĕрхи çĕртме тумалли плана тултарнипе тата хура çĕртме сухине пысăк хăвăртлăхпа туса пынипе кĕтсе илчĕç.

МТС-ри парти организацийĕ, постановление пичетленĕ хыççăнех илсенех, бюро членĕсемпе агитаторсен канашлăвне ирттерчĕ. Çакăн хыççăн агитаторсем механизаторсем хушшинче постановление вуласа вĕренес ĕçе организацилеме трактор бригадисене кайрĕç. Механизаторсем постановление тĕплĕн вуласа вĕренеççĕ. Постановленире парти ялхуçалăхĕнчи квалификациллĕ кадрсене пысăка хурса хисепленипе пĕрлех, вĕсем умне пысăк задачăсем кăларса тăратнине трактористсемпе комбайнерсем, трактор бригадинчи ытти механизаторсем пурте ырласа йышăнаççĕ.

Пĕрремĕш трактор бригадин бригадирĕ, МТС-ра 1930 çултанпа ĕçлекен опытлă механизатор И. Алексеев юлташ постановлени çинчен каласнă чухне çапла каларĕ:

— Трактор бригадинче эпĕ 23 çул хушши ĕçлетĕп. Хамăн пурнăçа ĕмĕрлĕхех машина-трактор станцийĕн ĕçĕпе çыхăнтарнă. Анчах эпĕ МТС штатĕнче тăман. Халĕ ĕнтĕ эпир те, индустрири рабочисем пек, МТС штатне кĕретпĕр, çулталăк тăршшĕпех ялхуçалăхĕнче тухăçлă ĕçлеме пултаратпăр.

Хастарлă ĕçпе хисепе тухнă А. Макаров тракторист пысăк тухăçлă тырпул ўстернĕшĕн Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ илме тивĕçлĕ пулнă. Трактористсемпе ирттернĕ каласура вăл çапла каларĕ:

— КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени механизаторсем çине пысăк ответлăх хурать. Эпир Тăван çĕршывра апат-çимĕç продукчĕсем ытлăн-çитлĕн тăвассишĕн, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне çителĕклĕ продукци парса тăрассишĕн хальхинчен нумай хут лайăхрах, тимлĕрех ĕçлемелле.

Эпĕ «ДТ-54» тракторпа,—тет малалла А. Макаров юлташ,—1.010 гектар сухаланă чухлĕ ĕçленĕ. Сезон вĕçлениччен хампа улшăнса ĕçлекен Николаев юлташпа пĕрле тата 400 гектар чухлĕ ĕçлеме сăмах паратăп. Хамăр ĕçлекен «Победа» колхозра эпир çурхи тырăсем акмалли пĕтĕм çĕр лаптăкне кĕрхи çĕртме, килес çул кĕрхи тырăсем акмалли пĕтĕм лаптăкра хура çĕртме сухи туса хăваратпăр.

Малтан МТС-ра ĕçленĕ нумай трактористсем ĕçе илме МТС кантурне заявленисемпе пыраççĕ.

Совет Çарĕнчен таврăннă И. Волков юлташ çара кайиччен МТС-ра «Т-2-Г» газогенераторлă тракторпа ĕçленĕ. Квалификациллĕ тракторист хăйне «ДТ-54» тракторпа ĕçлеме илме ыйтать.

Вуншар çамрăксем хăйсене ялхуçалăх механизаци училищисене вĕренме яма ыйтаççĕ. «ДТ-54» тракторпа ĕçлекен старши тракторист Т. Павлов юлташ хăйне ялхуçалăх механизаци училищине пĕр çулталăклăх вĕренме яма ыйтать. Вăл дизеллĕ тракторсемпе, комбайнсемпе тата ытти ялхуçалăх машинисемпе ĕçлеме пултаракан квалификациллĕ слесарь, тракторист-машинист пуласшăн.

М. КРАСНОВ,
Вăрнар МТС-ĕнчи парторганизаци секретарĕ.

## Пĕтĕм вăй-хăватпа ĕçлĕпĕр

ВĂРМАР. Районти ĕççыннисем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ССР Союзĕн ялхуçалăхне вăйлатмалли мерăсем çинчен йышăннă постановление пысăк çĕкленўпе кĕтсе илчĕç.

Машина-трактор станцийĕнчи механизаторсен пухăвĕнче Пленум постановленине партбюро секретарĕ Т. Биктимиров юлташ вуласа пачĕ. Унтан вăл çапла каларĕ:

— КПСС Центральнăй Комитетĕн Пленумĕн çак постановленийĕ тăнăçлă тата парти правительство ялхуçалăх ĕçченĕсем пирки тăвакан, ялхуçалăхне вăйлатассишĕн тимлĕ тăрăшнине тепĕр хут уççăн кăтартса парать. Партипе правительство пулăшнине эпир куллен туятпăр. Акă кăçал пирĕн МТС çĕнĕрен 9 комбайн, 5 дизеллĕ трактор, нумай сеялкăсем, çĕнĕ конструкциллĕ плугсем, тырă типĕтмелли сушилкăсем илчĕ. Вăрçă хыççăнхи майтанхи çулсемпе танлаштарсан, кăçăл ялхуçалăхĕнчи ĕçсене МТС техникипе виçĕ хута яхăн ытларах турăмăр.

Пленум постановленине Тикашри «Большевик» колхоз членĕсем ĕçри пысăк çĕкленўпе кĕтсе илчĕç. Агитаторсем бригадăсенче, фермăсенче Пленум постановленине тата Пленумра КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада вуласа параççĕ.

— Пирĕн колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ўстерес енĕпе районта мала тухрĕ,—тет фермăсен заведующийĕ С. Павлов юлташ.—Анчах çак çитĕнў паянхи кун çителĕксĕр. Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçре МТС начар пулăшать. Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн специалисчĕсем колхоза хăнана килнĕ пек çеç килсе каяççĕ, малта пыракан совет агробиологи наукин чаплă çитĕнĕвĕсем, ялхуçалăхĕнче малта пыракансен паха опычĕсем çинчен вĕсем пирĕн колхозра кăçал пĕр каласу та, пĕр доклад та ирттермен. Агрозоотехника курсĕсен ĕçĕ çине районтан сахал çаврăнса пăхаççĕ. МТС-ăн вăйлă техникипе лайăх усă курсан, малта пыракан совет агробиологи наукине çине тăрса вĕренсе пырсан, паллах, эпир парти пирĕн умма кăларса тăратнă аслă задачăсене кĕске вăхăтрах чыслăн пурнăçлатпăр.

— Пирĕн колхоз правленийĕ,—тет М. Волкова колхозница,—колхоза пысăк тупăш паракан отрасльсем çине—обществăлла выльăх-чĕрлĕх, пулă, хурт-хăмăр ĕрчетес, сад ўстерес ĕçсем çине сиелтен пăхать. Колхозра ĕç дисциплини япăх. Нумай колхозниксем хамăр колхоз ĕçне пăрахса выльăх апачĕ хатĕрлеме, ĕнесене тăрантма кайса çуресе чылай вăхăт ирттереççĕ, мĕншĕн тесен ĕнесене кĕтў çўретме участок памаççĕ, выльăх апачĕ уйăрмаççĕ. Çак çитменлĕхсене пĕтерме çул уçса панăшăн, колхозсене аталантармалли аслă программа палăртнăшăн Коммунистсен партине эпир, мĕнпур колхозниксем, чунтан-чĕререн тав тăватпăр, партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ пирĕн умма лартнă задачăсене пурнăçлама пĕтĕм вăй-хала, пĕлĕве, пултарулăха паратпăр.

Г. МАТВЕЕВ.

## Специалистсем колхозсене каяççĕ

КАНАШ, сентябрĕн 21-мĕшĕ. (Телефонпа). Пирĕн çĕршыв çак çулсенче ялхуçалăх специалисчĕсем нумай вĕрентсе хатĕрлерĕ. Анчах вĕсенчен хăшпĕрисем, тĕрлĕрен сăлтавсене пула, хăйсен специальноçĕпе ĕçлемен. Халĕ, парти чĕнни хыççăн, вĕсем хăйсене колхоза ĕçлеме яма ыйтса заявленисем параççĕ.

Захарова юлташ Новосибирскинчи ялхуçалăх институчĕн зоотехниксем хатĕрлекен факультетĕнчен вĕренсе тухнă. 1944—1946 çулсенче вăл çав институтрах старши лаборант пулса ĕçленĕ тата аспирантурăра вĕреннĕ.

1949 çулта вăл Белорусси ССР-ĕн Наукăсен Академийĕнче научнăй сотрудник пулнă. Халĕ Захарова юлташ Янкăлчри вăтам шкулта нимĕç чĕлхи вĕрентсе пурăнать.

Захарова юлташ районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленине хăйне Маленков ячĕпе тăракан колхоза зоотехник пулса ĕçлеме яма ыйтса заявлени pană.

Н. Русакова юлташ 1948 çулта Сĕрпўри ялхуçалăх техникумĕнчен вĕренсе тухнă. Юлашки вăхăтра вăл Канашри механизаци шкулĕнче секретарь-машинистка пулса ĕçлет. Русакова юлташ та хăйне пĕр-пĕр колхоза агронома яма ыйтса заявлени панă.

П. ЩИПЦОВ.
(Хамăр корр.).

## Çĕнĕ ўсĕмсемшĕн

ЕТĔРНЕ. Буденный ячĕпе тăракан колхоз членĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ «СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление чун-чĕререн саванса кĕтсе илчĕç. Çак кунсенче уйхир бригадисенче, выльăх-чĕрлĕх фермисенче, правлени канцелярийĕнче, клубра, колхозниксен килĕсенче—пур çĕрте те постановление хĕрўллĕн сўтсе яваççĕ. Колхозниксем хăйсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртаççĕ, усă курман резервсем çинчен калаçаççĕ, ĕçри малашлăхсене кăтартса параççĕ.

Пленум постановленине выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем пысăк савăнăçпа сўтсе яваççĕ. Ĕне фермин заведующийĕ коммунист Б. Скребков юлташ фермăра ĕçлекенсене обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарас тĕлĕшпе лартнă задачăсем çинчен каласа ăнлантарать. Малта пыракан доярка А. Селиванова кăçалхи сакăр уйăх хушшинче хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 2.402-шер литр сĕт суса илнĕ.

Колхоз ялхуçалăх çулне ăнăçлăн вĕçлесе пырать. Авăн çапса пĕтерне, вăрлăхсене пур культурăсем тăрăх та хывса çитерне. Халĕ бригадăсем çĕрулми тата пахча çимĕç пуçтарса кĕртес тĕлĕшпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Выльăх-чĕрлĕх валли хĕл каçарма çителĕклĕ апат хатĕрленĕ, ферма çурчĕсем те хĕллене хатĕр.

Колхоз уй-хирĕсенче çĕрулми кăларасси хĕрсе пырать.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕнче çĕрулми тата пахча çимĕç туса илессине нумай ўстерме палăртнă,—тет 4-мĕш уй-хир бригадин бригадирĕ Б. Токсубаев юлташ.—Пирĕн колхозра кашни гектартан 200-шер центнер çĕрулми туса илме майсем пур. Эпир ăна тăватпăрах.

Колхоз государствăна çĕрулми памалли плана пурнăçланă. Октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне колхоз ялхуçалăх ĕçĕсене пĕтĕмпех вĕçлесе çитерет.

Г. МЫТИКОВ.

## Сала больници 50 çул тултарнине паллă туни

Кăçалхи сентябрĕн 19—20-мĕшĕсенче Куславкка районĕнчи ĕççыннисем тата республикăри медицина работникĕсем Куславкка районĕнчи Сала больници 50 çул тултарнине паллă турĕç. Çак куна паллă тума Куславкка район центрне партипе совет активĕ, ĕççыннисен представителĕсем, медицинăри паллă работниксем чылай пуçтараннă. Вĕсем хушшинче Шупашкартан, Хусантан тата Мускавран килнĕ хăнасем пур.

Сентябрĕн 19-мĕшĕнче районти культура çуртĕнче Сала больници 50 çул тултарнă ятпа савăнăçлă пуху пулчĕ. Пухăва Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ, ĕççынни депутачĕсен Куславкка райсовет исполкомĕн председателĕ И. Ф. Смыков юлташ уçрĕ. Ун хыççăн Сала больницин главнăй врачĕ, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ врачĕ Н. С. Соколов юлташ больницăн 50 çулхи ĕçĕсем çинчен доклад туса пачĕ.

Больница коллективне халăх сывлăхне сыхлас ĕçре малашне те ăнăçлă ĕçлеме ырă сунса, КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ячĕпе С. В. Карташов юлташ, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕнчен Д. Я. Митьков юлташ, Райсовет исполкомĕпе парти райкомĕнчен М. Евдокимов юлташ саламларĕç.

Савăнăçлă пухăва пынисене çавăн пекех Чăваш АССР Сывлăх министрĕ В. Г. Ефимова, медицина работникĕсен профсоюз обкомĕн президиум председателĕ Л. Т. Васякова, республикăри медицина обществин правлени председателĕ — республикăн главнăй терапевчĕ П. Н. Осипов тата ыттисем те саламларĕç.

Юбилей ячĕпе Сала больницине СССР Сывлăх министрĕнчен А. Ф. Третьяковран, РСФСР Сывлăх министрĕнчен В. Степановран, СССР Медицина Наукисен Академийĕн президиумĕнчен, Боткин ячĕпе тăракан больницăн главнăй врачĕнчен А. Шабанов профессортан, профсоюзсен Чăваш область Советĕнчен тата ыттисенчен те саламлă çырусемпе телеграммăсем килнĕ.

Юлашкинчен савăнăçлă пухура Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеплĕ грамотисене пачĕç. Награда илме тивĕçлĕ пулнисене тата больницăн пĕтĕм коллективне ĕçре ăнăçлăх сунса Д. Я. Митьков юлташ сăмах каларĕ.

Тепĕр кунне юбилей ячĕпе медицина обществин районти филиалĕпе республикăри медицина обществин членĕсен пĕрлехи ларăвĕ пулчĕ. Унта медицина ыйтăвĕсемпе Чăваш АССР Сывлăх министрĕ В. Г. Ефимова, Сала больницин главнăй врачĕ Н. С. Соколов, Сала больницин терапи уйрăмĕн заведующийĕ Л. Е. Михалева, Медицина Академийĕн представителĕ—Медицина Наукисен Академийĕн членкорреспонденчĕ А. В. Кибяков профессор, республикăн главнăй окулисчĕ А. З. Шульпенкова тата ыттисем те докладсем туса пачĕç.

Докладсене сўтсе явас ĕçе ытти районсенчен пынă главнăй врачсем, республикăри медицина учрежденийĕсенче ĕçлекен специалистсем активлăн хутшăнчĕç.

П. ОСИПОВ.
РСФСР тава тивĕçлĕ врачĕ.

## Выляв укçи илеççĕ

ЕТĔРНЕ. Ленин ячĕпе тăракан колхоз кладовщикĕ В. Диняков СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли виççĕмĕш государство заемĕн 200 тенкĕлĕх облигацийĕпе 1.200 тенкĕ выляса илнĕ. Çак заемăн 500 тенкĕлĕх облигацийĕпе П. Алексеев колхозник та пин тенкĕ выляса илнĕ. Выляв укçине алла илсенех П. Алексеев магазинтан хром атă, костюм, фуфайка тата кепка туянчĕ.

М. ФЕДОРОВ.

*Çĕнĕ пилĕкçуллăхри стахановецсем*

# Пурнăç илемĕ

Вунултă çулхи Ефим Камбарка хулинчи «Горн» артеле ĕçлеме кĕрет. Малтан вăл кунта урапасем пуçтаракан ученик пулса ĕçлет. Унтан ăна, унăн пултарулăхне кура, тимĕрçĕ лаççине мăлатук çапакан пулса ĕçлеме куçараççĕ. Вĕсем, пурĕ утмăл тимĕрçĕ, виçĕ сменăпа ĕçлеççĕ. Ватă тимĕрçĕ, ĕлĕкхи кустарь Иван Яковлевич çамрăк Ефима кунĕн-çĕрĕн тенĕ пекех тимĕрçĕ ĕçне вĕрентет.

— Ĕçрен нихçан та ан хăра. Ан ўркен. Вали-шали йăлаланса ĕçлекен нихçан та ăстаçă пулаймасть, — ăс панă вăл Ефима.

Çакăн пирçăн пĕр-икĕ çул кăна иртет. Иван Яковлевич, артель правленине пырса, çакăн пек хут çырса парать:

— Ефим Павлович Ипатов—пултарулă çамрăк. Вăл тимĕрçĕ ĕçне лайăх вĕренсе çитрĕ. Эпĕ ăна хăй тĕллĕн тимĕрçĕ пулса ĕçлеме куçарттарасшăн.

Çакă вăл вăтăрмĕш çулсенче пулнă. Артель членĕсем куллен вĕрентсе, пулăшса пынипе çамрăк Ефим ăста тимĕрçĕ пулса тăнă.

Анчах çамрăк çынăн чунĕ малаллах туртăннă.

Пĕррехинче Ефима хăйĕн юлташĕсемпе пĕрле артель правленине чĕнеççĕ.

— Пирĕн артельрен вуникĕ çамрăка Мускава ямалла,—пĕлтерет вĕсене артель председателĕ.—Кам сирĕнтен кайма тесен пур?

— Унта мĕн тума каймалла?—ыйтаççĕ çамрăксем.

— Чугун çул çинче ĕçлеме вĕрентесшĕн сире.

Ефим кун пирки нумай шутласа пăхать.

— Эпĕ каятăп. Вĕренес,—тет вăл. — Государство пире вĕренме пулăшать.

Çапла вĕсем вуникĕ çамрăк Мускава чугун çул çинче ĕçлеме каяççĕ. Ефим Ипатов кунта та ўркенсе тăмасть. Вăл ялан мастерсем хушнине итлет, вĕренет, пур ĕçе те тĕплĕн пĕлсе, лайăх тума тăрăшать. Унтан вĕсене Шупашкарпа Канаш хушшинчи чугун çула тунă çĕре ĕçлеме куçараççĕ. Ефим Павлович кунта Сĕрпў станцийĕ патĕнчи Мăн Çавал урлă каçакан кĕпере тунă çĕрте ĕçленĕ. Çакăн хыççăн ĕнтĕ вăл пĕрмаях чугун çул çинче ĕçлеме тытăнать.

1948 çулта Ефим Ипатов Хусан чугун çулĕн 5-мĕш дистанцинчи (Канашри) механически мастерскоя тимĕрçĕ пулса ĕçлеме кĕрет. Çак тĕреклĕ те вăйпитти тимĕрçĕн пултарулăхĕ кунта цехри рабочисене часах хăй еннелле илĕртнĕ. Вăл хăйĕн йывăр мăлатукĕпе ытла та çаврăнăçуллăн, тикĕссĕн ĕçленĕ. Рабочисем çĕнĕ çыннăн паттăрлăхне малтанхи кунсенчех лайăх сисее илнĕ.

— Паттăр ĕçлет ку. Пысăк ăстаçă,—пĕр-пĕрин каланă вĕсем.

Нумаях та вăхăт иртмен, Ефим Павлович Ипатов хăйĕн пĕтĕм пултарулăхне кăтартма тытăнать. Вăл часах мастерскойри паллă тимĕрçĕсенчен—Солдатенкова Григорьевран иртсе кайать. 1950 çулта вара пĕр çулталăк хушшинчех виçĕ çул нормине тултарать.

Çĕнтерўпе саламлатпăр, ырăйх сунатпăр сана!—савăнса алă тытаççĕ ăна юлташĕсем.

Çак вăхăтра çĕршывра пур çĕрте те Александр Чутких çинчен калаçма пуçланă. Вăл питĕ лайăх продукци çеç туса кăларас тĕлĕшпе патриотла паха пуçару тунă. Çак пуçарăва механически мастерскойра чи малтан Ипатов юлташ йышăнать. Вăл хăй аллипе çĕнĕ йышши инструментсем туса хатĕрлет, детальсене çĕнĕ меслетпе тума тытăнать. Опыт ăнăçлă иртет. Ипатов туса кăларакан продукци пахалăхĕ кунран-кун лайăхланса пырать.

Нумаях та вăхăт иртмест, тепĕр çĕнĕ хыпар килсе çитет: Ф. Ковалев инженер çĕнĕ ĕç меслечĕсене сарас тĕлĕшпе паха пуçару тунă. Çакна пурнăçлас тесе, мастерской руководстви, Ипатов тимĕрçĕн опычĕсене тишкĕрсе тата пĕтĕçтерсе, стахановла шкул организацилет. Çак шкула ертсе пыма Ефим Ипатова хушаççĕ. Хастарлă тимĕрçĕ икĕ уйăх хушшинче пилĕк тимĕрçе хăй пек ĕçлеме вĕрентсе çитерет. Николаев, Алексеев, Григорьев тата ытти çамрăк тимĕрçĕсем хăйсен учителĕнчен пĕрре те кая юлмаççĕ. Çакăн хыççăн Ефим Павловича Хусан чугун çулĕ çинчи чи лайăх тимĕрçĕ ятне параççĕ. Вăл дистанцинчи кашни участока çитсе хăйĕн ĕçри опычĕсене вĕрентсе çўрет.

Хальхи вăхăтра Ипатов юлташăн тĕрлĕ наградăсемпе парнисем нумай ĕнтĕ. Унăн кăкăрне «Сталинла призывăн ударникĕ», «Отличный путеец» значоксем, «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль илемлетсе тăраççĕ. Халĕ вăл—механически мастерскойри асла тимĕрçĕ.

Кăçал противоугонсем туса кăлармалли плана чылай ўстернĕ. Çакă ĕнтĕ мастерской коллективĕ умне йывăрлăхсем кăларса тăратрĕ. Противоугонсем тума тимĕр тăмăр çителĕклĕ пулман. Ипатов юлташ сĕннипе рабочисем кивĕ рельссемпе усă курма тытăнаççĕ.

Малтанах рабочисем кивĕ рельссенчен противоугонсене алăпа тума тытăнса пăхнă. Анчах та ку майпа сменăра мĕн пурĕ те 14—15 деталь кăна туса кăларма пултарнă. Кун пек ĕçленипе плана тултарасси çинчен шутламалли те çук.

— Çĕнĕ меслет шырас пулать,—тенĕ Ипатов.

Вăл хăйĕн юлташĕсемпе тата мастерской начальникĕпе С. Грошев инженерпа калаçать, хăйĕн шухăшĕсем пирки канашласа пăхать. Çакăн хыççăн Ипатов юлташ противоугонсен якорĕсене явмалли станок туса хатĕрлет. Х. Зайнуллин слесарь ăна çак станокăн образецне тума пулăшать. Çĕнĕ станок ăнăçлă пулать. Вăл ĕç тухăçлăхне ўстерме кăна мар, продукци пахалăхне лайăхлатма та нумай пулăшрĕ. Малтан чи ăста тимĕрçĕ алăпа 14—15 противоугон çеç туса кăларма пултарнă пулсан, халĕ Ипатов хăйĕн станокĕпе кашни сменăра 45—50 штук таран туса кăларать. Вăл çак станокпа ĕçлеме цехри ытти тимĕрçĕсене те вĕрентнĕ. Халĕ цехри тимĕрçĕсем ĕç нормисене куллен 200 процент е унтан та ытларах ирттерсе тултараççĕ.

Ефим Павлович пилĕкçуллăхри нормăна тултарнă ĕнтĕ. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле вăл ăна икĕ хут ирттерсе тултарасшăн кĕрешет. Пултаруллă тимĕрçе мастерскойра чи ответлă ĕçсене тума хушнă. Путеецсене кирлĕ мĕнпур кăткăс инструментсем ун аллин витĕр тухаççĕ.

Çак кунсенче эпир Ефим Павлович семйипе, хваттерĕнче пултăмăр, унăн кил-йышĕнчи пурнăçпа паллашас терĕмĕр.

Ефим Ипатов семйи—Совет Союзĕнчи нумай миллионшар рабочисен çемйисенчен пĕри. Çавăнпа çак çемье пурнăçĕпе паллашни те партипе правительство халăхшăн епле тăрăшнине лайăх кăтартса парать.

Ефим Павлович пире арăмĕпе, Анна Антоновăпа иккĕшĕ, ăшшăн кĕтсе илчĕç. Хваттер пысăк, ăшă, таса, çутă. Ăçта пăхнă унта—тирпейлĕ, пурте йĕркеллĕ. Илемлĕ пуçтарнă кровать, сĕт пек шурă простыньсем, занавескăсем, тĕрлĕ чечеклĕ коверсем, радио, электричество, пўлĕмре ўсекен чечексем тата ытти те—пурте пур.

Эпир пурнăçпа йăла ыйтăвĕсем çинчен калаçма тытăнтăмăр.

— Ĕç вăл—телей, терĕ пире Ефим Павлович.—Пирĕн çĕршывра кашни çынах ĕçлеме, вĕренме, професси суйласа илме тата хăйне кирлĕ пек канма пултарать. Хамăр тўрĕ кăмăллă пулни кăна кирлĕ.

Ефим Павлович кашни уйăхра, вăтамран илсе шутласан, 1.300 тенкĕ ĕç укçи илет. Ку—пурăнма та, савăнăçлăн канма та çителĕклĕ. Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем ваккăн сутмалли хакĕсене тăтăшах йўнетсе пыни ĕççыннисен ĕç укçине чылай перекетлесе хăварма май парать. Çавăн пек перекетленĕ укçапа Ипатовсем юлашки икĕ çул хушшинче кăна çĕвĕ çĕлемелли машина, пысăк сехет, гардероб, велосипед тата кил-çуртра кирлĕ ытти нумай япаласем туяннă.

Кăçалхи июнь уйăхĕнче Ефим Павлович отпуск илнĕ. Кану вăхăтне усăллă та культурăллă ирттерес тесе, вĕсем арăмĕпе иккĕшĕ Тăван çĕршыв столицине—Мускава кайса килчĕç.

— Питĕ нумай курса, питĕ нумай вĕренсе таврăнтăм эпĕ унтан,—тет Ефим Павлович.

Вăл пире столицăри çĕнĕрен туса лартнă тата халĕ тăвакан çуртсем те пысăк çуртсем çинчен, музейсемпе театрсенче, метрора, историллĕ паллă вырăнсенче курса çўренисем çинчен нумай каласа пачĕ.

Ку çеç те мар, вĕсем Мускавран пушă алăпа таврăнман: арăмĕпе хăйне валли икĕ пальто, икĕ плащ, тепĕр костюм тата ытти япаласем туянса таврăннă.

Ефим Павлович хастарлă та пултаруллă ĕç хыççăн кану вăхăтне ялан усăллă ирттерме тăрăшать. Ун хваттерĕнче библиотека пур. Ик-виçĕ тĕрлĕ хаçат-журнал çырăнса илет, вĕсене ялан йĕркеллĕ вуласа пырать.

Ефим Павлович физкультурăпа спорт ĕçĕсемпе те интересленет. Вăл кăçал та, хула командипе пĕрле, чушкăлла вылясенĕпе республикăри ăмăртăва кайса килнĕ.

— Пирĕн пурнăç малашне тата илемлĕрех, тата телейлĕрех пулать. Халăхăн пĕрмай ўссе пыракан материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене пĕтĕмĕшпех тивĕçтерме пирĕн питĕ пысăк майсем пуррине Маленков юлташ хăйĕн сăмахĕнче питех те тĕплĕн кăтартса пачĕ,—тет Ипатов.

Унтан вăл хăшпĕр хуçалăх работникĕсен ĕçĕсене пĕр пытарса тăмасăр, чĕререн тухакан сăмахсемпе критиклеме пуçларĕ.

— Акă, курăр-ха,—чăлантан пĕр ботинка илсе кăтартрĕ вăл пире.—Çакна эпĕ кăçал туянтăм. Анчах нумаях та тăхăнса çўреймерĕм, вăл хăпанса та кайрĕ. Çĕвисем тăпăлса тухрĕç. Ăçта тунă-ха ăна? Хамăр республикăрах, Улатăрти атă-пушмак фабрикинче. Çакăн пек юрăхсăр тавар туса кăларакан предприятисем пирĕн хулара та пур. Çак çитменлĕхе пирĕн халех пĕтермелле. Маленков юлташ ун çинчен питĕ тĕрĕс каларĕ.

С. АСЛАН.
И. ЖАДЕЦКИЙ.

Канаш хули.

*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче*

# Республикăри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем 1953 çулхи пĕрремĕш çур çулта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Республикăри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем 1953 çулхи пĕрремĕш çур çулта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăнчĕ:

1. Хисеплĕ ятсем паналли кандидатсен тесе çаксене шутлас:

63 дояркăна «Республикăри чи лайăх доярка» ятне илмелли кандидатсем, тесе шутлас, вĕсем çур çулта кашни ĕнерен 900 килограмм ытла сĕт илнĕ.

Пăру пăхакан 8 çынна «Республикăри чи лайăх телятница» ятне илмелли кандидатсем, тесе шутлас, вĕсем хăйсене çирĕплетсе панă пăрусене пурне те пăхса ÿстернĕ;

Сысна пăхакан 73 çынна «Республикăри чи лайăх свинарка» (свинарь) ятне илмелли кандидатсем, тесе шутлас, вĕсем кашни ама сыснаран 8-шар çура ытла пăхса ÿстернĕ;

Сурăх пăхакан 5 çынна «Республикăри чи лайăх овцевод» ятне илмелли кандидатсем, тесе шутлас, вĕсем кашни 100 сурăх пуçне 120 путек пăхса ÿстернĕ тата çăм кашни сурăх пуçне вăтам шутпа 2,7—3,5 килограмм касса илнĕ;

18 конюха «Республикăри чи лайăх конюх» ятне илмелли кандидатсем, тесе шутлас, вĕсем кашни 10 кĕсре пуçне 9 тихаран сахал мар илнĕ;

Кайăк-кĕшĕк пăхакан 2 çынна «Республикăри чи лайăх птичница» ятне илмелли кандидатсем, тесе шутлас, вĕсем çăмарта тăвакан кашни чăхран 50 çăмартаран кая мар илнĕ;

2. Министрсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, райисполкомсене тата парти райкомĕсене выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсен социализмла ăмăртăвне анлăрах сарса пыма, вĕсене социализмла обязательствăсене пурнăçлас ĕçре куллен пулăшса тăма хушрĕ.

## „Республикăри чи лайăх доярка“ ятне илмелли кандидатсем

| Хушаматсем | Колхозсем | Пĕр ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|
| **УЛАТĂР РАЙОНĔ** | | |
| М. П. Кузовенкова | «Победа» | 1581 |
| О. А. Лебедева | » | 1494 |
| М. Ф. Ганюшкина | » | 1470 |
| А. Н. Харитонова | » | 1450 |
| С. Д. Воложинова | » | 1328 |
| М. Я. Кочеткова | «Путь Ильича» | 955 |
| Л. В. Храмова | » | 935 |
| М. Н. Маркина | » | 928 |
| **ВАРНАР РАЙОНĔ** | | |
| Н. П. Бурлакова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1433 |
| К. А. Ситухина | » | 1325 |
| Н. П. Кузина | » | 1325 |
| Н. Д. Ерошина | » | 1264 |
| М. П. Порфирьева | Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 1168 |
| **ЙĔПРЕÇ РАЙОНĔ** | | |
| Н. Я. Яковлева | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1215 |
| Т. А. Андреева | » | 1184 |
| А. П. Петрова | » | 1031 |
| **КАНАШ РАЙОНĔ** | | |
| М. И. Иванова | Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз | 945 |
| **МУРКАШ РАЙОНĔ** | | |
| Р. К. Кириллова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1121 |
| А. Т. Мразова | » | 1120 |
| Е. Р. Орлова | » | 1095 |
| Н. Е. Пугачева | » | 1089 |
| Н. Д. Курбатова | » | 1062 |
| М. В. Орлова | » | 1062 |
| О. И. Тодинова | » | 1047 |
| Ю. И. Тодинова | » | 1040 |
| М. И. Иванова | » | 951 |
| Н. А. Бурдина | «Красное Сормово» | 1091 |
| **ÇĔРПУ РАЙОНĔ** | | |
| Т. Ф. Филиппова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1228 |
| З. К. Кириллова | » | 1146 |
| О. А. Александрова | » | 1065 |
| Е. К. Кузьмина | » | 1014 |
| А. Е. Ферапонтова | «Новая жизнь» | 972 |
| Г. В. Силантьева | | 967 |
| **ЧКАЛОВСКИ РАЙОНĔ** | | |
| П. В. Заплаткина | «Гвардеец» | 1011 |
| М. Ф. Плешкова | » | 998 |
| **ШУПАШКАР РАЙОНĔ** | | |
| В. А. Богомолова | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | 1006 |
| А. В. Попова | » | 915 |
| М. И. Филиппова | «Красный флот» | 954 |
| А. М. Парамонова | » | 912 |
| **ЕТĔРНЕ РАЙОНĔ** | | |
| А. С. Селиванова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 2009 |
| К. М. Молчанова | » | 1736 |
| З. А. Андреева | » | 1735 |
| А. Н. Дубынина | » | 1652 |
| М. И. Степанова | » | 1529 |
| Т. Н. Крылова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 1256 |
| М. Г. Баринова | » | 1210 |
| У. М. Матвеева | » | 1205 |
| П. И. Муравьева | » | 1150 |
| А. Т. Титова | » | 1144 |
| А. Ф. Филиппова | » | 1091 |
| Т. И. Братанова | Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 1085 |
| **ЕЛЧĔК РАЙОНĔ** | | |
| Ф. С. Самакова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 1282 |
| Л. Ф. Табакова | » | 1267 |
| Ю. Г. Викторова | » | 1226 |
| М. К. Степанова | » | 1211 |
| З. Н. Иванова | » | 1136 |
| М. Ф. Чермакова | » | 1095 |
| **ЧĂВАШСЕН ГОСУДАРСТВО СЕЛЕКЦИ СТАНЦИЙĔ** | | |
| А. Е. Ефимова | » | 2675 |
| О. М. Митрофанова | » | 2634 |
| А. Ф. Федорова | » | 2401 |
| О. П. Лукина | » | 2219 |
| А. Г. Григорьева | » | 2025 |
| Е. Г. Григорьева | » | 1806 |

## „Республикăри чи лайăх птицевод“ ятне илмелли кандидатсем

| Хушамачĕсем | Колхозсем | Çăмарта тăвакан пĕр мисе чăхран çăмарта илнĕ |
|---|---|---|
| **ЕТĔРНЕ РАЙОНĔ** | | |
| Е. И. Кудрявцева | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 52 |
| И. Я. Агакс | « | 51 |

## „Республикăри чи лайăх телятница“ ятне илмелли кандидатсем

| Хушамачĕсем | Колхозсем | Мисе пăру çирĕплетнĕ | Мисе пăру пăхса ÿстернĕ |
|---|---|---|---|
| **ИШЛЕЙ РАЙОНĔ** | | | |
| Л. А. Пикусова | «Большевик» | 36 | 36 |
| М. Н. Николаева | «Правда» | 15 | 15 |
| **КАЛИНИНО РАЙОНĔ** | | | |
| З. Х. Абрамова | «Гвардеец» | 22 | 22 |
| **КАНАШ РАЙОНĔ** | | | |
| М. Д. Димитриева | Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз | 34 | 34 |
| **КУСЛАВККА РАЙОНĔ** | | | |
| А. Н. Иванова | «Динамо» | 26 | 26 |
| **ШУПАШКАР РАЙОНĔ** | | | |
| А. В. Алексеева | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 15 | 15 |
| **ШĂХАСАН РАЙОНĔ** | | | |
| П. Х. Христофорова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 25 | 25 |
| **ПЕРВОМАЙСКИ РАЙОНĔ** | | | |
| А. М. Камышева | «Пионер» | 22 | 22 |

## „Республикăри чи лайăх конюх“ ятне илмелли кандидатсем

| Хушамачĕсем | Колхозсем | Кашни 10 кĕсререн тиха илсе ÿстернĕ |
|---|---|---|
| **ЭЛĔК РАЙОНĔ** | | |
| Г. А. Анисимов | «30 лет Чувашии» | 10 |
| Н. Е. Ефимов | » | 10 |
| А. И. Кудрявцев | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| В. И. Иванов | Энгельс ячĕпе тăракан колхоз | 9 |
| **ИШЛЕЙ РАЙОНĔ** | | |
| П. П. Алмазов | Энгельс ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| **КАНАШ РАЙОНĔ** | | |
| Н. С. Таланцев | Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| **КУСЛАВККА РАЙОНĔ** | | |
| В. Т. Осипов | «Динамо» | 10 |
| М. С. Харитонова | » | 10 |
| С. Ф. Агеев | » | 10 |
| **ХĔРЛЕ ЧУТАЙ РАЙОНĔ** | | |
| Я. Ф. Яковлев | Чкалов ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| И. Т. Кондратьев | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| **СĔНТĔР РАЙОНĔ** | | |
| Н. Н. Лукоянов | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| **ШУПАШКАР РАЙОНĔ** | | |
| Г. С. Семенов | Каганович ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| П. К. Кондратьев | Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| А. Н. Никитин | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 10 |
| **ШĂХАСАН РАЙОНĔ** | | |
| А. Г. Шумилова | «Дружба» | 9 |
| П. И. Игнатьев | » | 9 |
| А. К. Кириллова | Киров ячĕпе тăракан колхоз | 9 |

## „Республикăри чи лайăх свинарка (свинарь)“ ятне илмелли кандидатсем

| Хушамачĕсем | Колхозсем | Пĕр амаран мисе çура ÿстернĕ |
|---|---|---|
| **УЛАТĂР РАЙОНĔ** | | |
| А. А. Таксина | «Победа» | 14,5 |
| Т. И. Данилушкина | » | 13,8 |
| Т. А. Куршина | » | 13,7 |
| З. И. Харитонова | » | 11,3 |
| М. А. Птичнова | «Путь Ильича» | 12,1 |
| В. И. Воронкова | » | 9,0 |
| Л. П. Самчелеева | «Победа Октября» | 10,6 |
| Н. И. Базанова | «Красный луч» | 9,6 |
| **ЭЛĔК РАЙОНĔ** | | |
| М. А. Арсентьева | «Правда» | 10,2 |
| О. Е. Емельянова | » | 9,1 |
| Е. П. Павлова | » | 8,8 |
| Е. П. Порфирьева | » | 8,7 |
| **ЙĔПРЕÇ РАЙОНĔ** | | |
| В. А. Краснов | «10 лет Октября» | 15,4 |
| К. М. Михайлова | «Правда» | 8 |
| **ИШЛЕЙ РАЙОНĔ** | | |
| К. Н. Яргунина | Энгельс ячĕпе тăракан колхоз | 10,1 |
| **КАНАШ РАЙОНĔ** | | |
| М. П. Павлова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 17,0 |
| А. Ф. Одинцова | Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 10,5 |
| М. А. Андронникова | Дорохин ячĕпе тăракан колхоз | 10,0 |
| М. Н. Николаева | » | 9,3 |
| Е. И. Иванова | «Канаш» | 9,2 |
| **КУВАКИНО РАЙОНĔ** | | |
| А. А. Левина | «Путь Ильича» | 12,5 |
| Е. П. Чеванина | » | 11,7 |
| **СĔНТĔРВĂРРИ РАЙОНĔ** | | |
| А. Я. Якимова | Киров ячĕпе тăракан колхоз | 10,0 |
| З. Д. Самойлова | «Молния» | 9,3 |
| Ю. Н. Герасимова | » | 8,6 |
| **МУРКАШ РАЙОНĔ** | | |
| Е. Г. Гаврилова | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 12,3 |
| В. А. Андреева | » | 11,8 |
| З. Ф. Федорова | » | 9,5 |
| З. Ф. Юнусова | «Сталинец» | 10,3 |
| З. М. Матвеева | » | 9,8 |
| А. Н. Федорова | » | 8,8 |
| К. Я. Яковлева | » | 8,3 |
| С. К. Никитина | » | 8,2 |
| З. С. Семенова | «Свобода» | 9,2 |
| А. А. Савельева | » | 8,3 |
| **ОКТЯБРЬСКИ РАЙОНĔ** | | |
| Т. Я. Краснова | «Звезда» | 15 |
| Р. А. Александрова | » | 11,3 |
| **ПЕРВОМАЙСКИ РАЙОНĔ** | | |
| М. С. Ефимова | Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз | 11,7 |
| М. И. Колькина | » | 11,7 |
| О. М. Терентьева | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 9,8 |
| Н. Д. Долгова | » | 9,3 |
| **СОВЕТСКИ РАЙОНĔ** | | |
| А. С. Степанова | Шверник ячĕпе тăракан колхоз | 20,9 |
| Е. И. Квартальная | «Герой» | 11,9 |
| Г. И. Пугачева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 11,8 |
| **СĔНТĔР РАЙОНĔ** | | |
| И. С. Зайцева | «Колос» | 8,9 |
| **ЧКАЛОВСКИ РАЙОНĔ** | | |
| Ф. В. Николаева | «Восток» | 13,2 |
| П. И. Галкина | » | 10,6 |
| В. А. Царева | » | 10,4 |
| О. А. Хитрова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 10,6 |
| **ЧУРАЧĂК РАЙОНĔ** | | |
| М. Е. Емельянова | «Прогресс» | 10,6 |
| К. Л. Георгиева | » | 9,5 |
| А. Я. Яковлева | » | 9,0 |
| **ШĂХАСАН РАЙОНĔ** | | |
| З. Н. Николаева | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 16,1 |
| М. Н. Никифорова | » | 12,5 |
| А. Д. Дмитриев | » | 11,9 |
| Е. М. Миронова | » | 10,9 |
| Д. Г. Григорьева | Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | 13,2 |
| Т. М. Волкова | » | 10,5 |
| К. Н. Николаева | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 9,7 |
| М. Н. Николаева | » | 9,7 |
| А. М. Малофеева | » | 9,5 |
| М. И. Иванова | » | 9,0 |
| А. М. Михайлова | Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | 8,8 |
| **ÇĔМĔРЛЕ РАЙОНĔ** | | |
| М. Е. Кудрова | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 12,6 |
| Е. И. Мигушева | » | 11,1 |
| Г. Т. Корнилова | » | 8,4 |
| **ЕТĔРНЕ РАЙОНĔ** | | |
| Н. Г. Герасимова | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 10,1 |
| В. М. Лаптев | » | 9,1 |
| А. А. Поздеева | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | 9,9 |
| А. И. Гагарина | » | 9,7 |
| А. А. Степанова | Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 9,7 |
| В. А. Александрова | » | 9,1 |
| З. Н. Спиридонова | » | 8,9 |

## „Республикăри чи лайăх овцевод“ ятне илмелли кандидатсем

| Хушамачĕсем | Колхозсем | 100 сурăхран мисе путек ÿстернĕ | Çăмлă сурăхран çăм касса илнĕ (Сапсе çăмлă тата сурма çапсе çăмлă сурăхран çăм касса илнĕ) | Шултра тата сурма шултра çăмлă пĕр сурăхран çăм касса илнĕ |
|---|---|---|---|---|
| **СĔНТĔРВĂРРИ РАЙОНĔ** | | | | |
| А. Я. Хакимова | «Правда» | 129 | 3,8 | 1,6 |
| Н. А. Фейзуллина | » | 122 | 3,8 | 1,6 |
| А. А. Александрова | Молотов ячĕпе тăракан колхоз | 120 | 3,0 | 1,35 |
| **ЕТĔРНЕ РАЙОНĔ** | | | | |
| А. Л. Миронов | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 138 | 3,9 | 3,4 |
| Н. М. Крынецкий | » | 138 | 3,9 | 3,4 |

# Финанс планне пур енĕпе те вăхăтра тултармалла

Пирĕн çĕршыв çĕнĕ вăй-хăватпа малалла аталанса пырать. Халăх хуçалăхне тата культурăна аталантарма, халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатма государство укçа-тенкĕ нумай парать. Государство бюджетне тата вырăнти бюджетсене укçа-тенкĕ социализмла хуçалăх предприятийĕсенчен нумай пухăнать, çав укçа-тенкĕ бюджетра тĕп вырăн йышăнса тăрать. Çавăнпа пĕрлех бюджета халăхран налогсем тата тĕрлĕ тÿлевсем илнипе те укçа-тенкĕ чылай пухăнать, ку укçа-тенкĕ бюджетри тупăшсен пĕр пайĕ пулать.

Çапла вара бюджет тупăшсем енĕпе ăнăçлă пурнăçланасси промышленность предприятийĕсемпе хуçалăх организацийĕсем хăйсен тупăшĕсенчен памалли укçа-тенке, оборотран памалли налога срокра хывнинчен тата халăхран илмелли налогсемпе тÿлевсене вăхăтра пухнинчен килет. Çакна асра тытса, Ишлей районĕнчи промышленность предприятийĕсемпе промысла артелĕсем хăйсен тупăшĕнчен памалли укçа-тенке вăхăтра тÿлеме тăрăшаççĕ. Мăн Мамăшри, Тăрăнри тата Ишекри промысла артелĕсем хăйсен бюджет умĕнчи обязательствисене срокра пурнăçласа пыраççĕ. Ку вăл вĕсем производство планĕсене вăхăтра тултарса пынинчен килет. Асăннă артельсем чĕртавар ялани çителĕклĕ хатĕрлеççĕ, заданисене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ.

Çав вăхăтрах районти промкомбинатпа çу завочĕ хăйсен планĕсене тултараймаççĕ, бюджета памалли укçана государство кассине вăхăтра хывмаççĕ. Вĕсен бюджет умĕнчи парăмĕ пысăк. Промкомбинат кăçалхи пĕрремĕш çур çулти плана 82,5 процент çеç тултарчĕ, 18 пин тенкĕ убыток курчĕ. Унăн директорĕ пулнă Егоров ĕçе лайăхлатма тăрăшман. Райисполком ăна ĕçрен кăларчĕ. Çапах та халлĕхе промкомбинат ĕçĕ лайăхланни сисĕнмест-ха. Шупашкар хулинчи суту-илÿ организацийĕсем Ишлейри сĕт заводĕнчен кăçалхи пĕрремĕш çур çулта илсе каймалли сĕтрен 428 центнер сĕт илсе каймарĕç. Çавна пула завод хăйĕн финанс планне тултараймарĕ, бюджета тивĕçлĕ укçана тупса параймарĕ.

Бюджета уса́мран памалли укçа-тенке тата оборотран илмелли налога вăхăтра пухас шутпа, эпир предприятисемпе промысла артелĕсен руководителĕсемпе бухгалтерĕсен канашлăвĕсене час-час ирттеретпĕр, государство умĕнчи тÿлевсене вăхăтра парса татма мĕнле ĕçсем тумалли çинчен сÿтсе яватпăр. Çавăн пек канашлусем ирттерни хуçалăх организацийĕсен руководителĕсен государство умĕнчи ответлăхне ÿстерме, вĕсем хушшинче финанс дисциплинине çирĕплетме пулăшать. Юлашки вăхăтра районти предприятисенче ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, продукци пахалăхĕшĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, укçа-тенкĕпе чĕртавара перекетлессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлесси анлăрах сарăлчĕ.

Çавăнпа пĕрлех район бюджечĕ кирлĕ пек пурнăçланса пырасси халăхран налогсемпе ытти тÿлевсене пухмалли заданисене вăхăтра тултарнинчен килет. Халăх хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе вăйлатнă май юлашки вăхăтра пирĕн районта халăхран укçа-тенкĕ пухас ĕç чылай лайăхланчĕ. Район иккĕмĕш кварталта финанс планне 120 процент тултарчĕ. Виççĕмĕш кварталти плана пурнăçлас тĕлĕшпе те чылай ял Совечĕсенче ĕç ăнăçлă пырать. Васликассипе Кипечкасси ял Совечĕсем кварталти плана ирттерсе тултарчĕç. Мăн Катраçпа Мамка ял Совечĕсем те халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарнăпа пĕрех. Районти ял ĕçченĕсем нумайăшĕ заем укçине пĕтĕмпех парса татрĕç.

Финанс ĕçĕнче малта пыракансен опычĕпе пур работниксене те паллаштарма кашни уйăхра икĕ хутчен канашлусем ирттеретпĕр. Канашлусенче социализмла ăмăрту итогĕсем çинчен сÿтсе яватпăр. Пĕр канашлура Кипечкасси ял Советĕнчи налог агенчĕ Елекова юлташăн ĕç меслечĕ çинчен каласа́мăр. Елекова юлташ иккĕмĕш кварталта укçа пухмалли плана 149 процент тултарчĕ. Унччен вăл урăх ял Совечĕсенче ĕçлерĕ, кашни кварталтах укçа пухмалли плана тултарса пычĕ. Унăн ĕçĕ ăнăçлă пулса пыни вăл ял Совет исполкомĕпе, ял Совечĕн бюджетпа финанс комиссийĕпе тачă çыхăнса ĕçленинчен килет. Вăл халăх хушшинче пулса, СССР тата РСФСР Верховнăй Совечĕн сессийĕсен решенийĕсене, ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă çĕнĕ закона ăнлантарса парать, налогсемпе тÿлевсене вăхăтра парса татни хуçалăхпа культура строительствин планĕсене ăнăçлă пурнăçлама, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма пулăшни çинчен каласа кăтартать. Налог тÿлемелли вăхăт çывхарни çинчен вăл кашни çынна уйрăммăн астутарса тăрать, укçа хатĕрлеме сĕнет. Вăл кашни çынпа ăшă кăмăлпа калаçнăшăн, тăрăшса ĕçленĕшĕн ялти ĕçсыннисем ăна юратаççĕ. Производствăлла канашлура эпир Васликасси ял Советĕнчи налог агенчĕ Яруткин, Мăн Катраç ял Советĕнчи налог агенчĕ Новиков юлташсем мĕнле ĕçлени çинчен те докладсем итлерĕмĕр. Вĕсем хăйсен ĕç меслечĕсем çинчен тĕплĕн каласа пачĕç. Ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă закона халăх пухăвĕсенче, колхоз бригадисен пухăвĕсенче ăнлантарса параççĕ, ялти активистсемпе çыхăнса ĕçлеççĕ. Ку ял Совечĕсенче кашни активиста массăлла ăнлантару ĕçне туса пыма вуншар килсем çумне çирĕплетнĕ. Вĕсем халăх хушшинче партипе правительство решенийĕсем çинчен ăнлантараççĕ, колхозниксемпе колхозницăсен политикăлла ăнланулăхне ÿстерме пулăшаççĕ. Çакна май колхоз хресченĕсен ĕçри тата политикăлла активлăхĕ ÿсое пырать.

Анчах хальхи вăхăтра финанс планне тултарас тĕлĕшпе Энтимĕркасси, Чантăр, Мăн Марка, Тăрăн, Сыпайкасси тата ытти хăшпĕр ял Совечĕсем кая юлнă. Ку ял Совечĕсенче халăх хушшинчи массăлла ăнлантару ĕçне япăх йĕркеленĕ, налог агенчĕсем начар ĕçлеççĕ. Районти финанс работникĕсем юлашки вăхăтра асăннă ял Совечĕсене ытларах пулăшма, ĕçсыннисем хушшинче нумайрах ĕçлеме тытăнчĕç.

Халăха Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ СССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе йышăннă постановлени çинчен, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма тăрăшни çинчен, ялхуçалăх налогĕ пирки йышăннă çĕнĕ закон çинчен, коммунизм строительствинчи пысăк задачăсем çинчен, укçа-тенкĕ парăмĕсене вăхăтра тÿлесе татнин пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарса парас ĕçе вăйлатни финанс планне малашне те ăнăçлă тултарса пыма май парĕ.

**П. ИВАНОВ,**
Ишлей районĕн финанс пайĕн заведующийĕ.

**А. ЯИЧНИКОВ,**
Финанс пайĕн аслă инспекторĕ.

# Наука кандидачĕсем

Çуллахи шăрăх кун хăс енне сулăннă. Кунĕпе ĕçлесе ларнă хыççăн, Заира Петровна Эльдарова Мускавăн шавлă урамне тухрĕ. Кĕтнĕ пекех, çав вăхăтра ун патне пĕрле вĕренекен юлташĕсем те пычĕç. Ытла та аван пĕрле, кашниех хăйĕн шухăш-кăмăлĕсене каласа пама васкать. Кирлĕ пулсан, канаш парса, ăшă сăмахсем каласа пулăшать. Акă, халĕ те вĕсем сывăхри парка кĕрсе, йывăççен сулхăнне ларчĕç.

— Ыран манăн пурнăçра паллă кун пулать,—терĕ Заира Эльдарова.

— Çăн та асран каймин кун ĕнтĕ вăл. Çав куна вĕсĕ нумайранпа кĕтнĕ, çĕр сывăрмасăр хатĕрленнĕ. Санăн ĕç ăнăçлă пулни пирĕншĕн те пысăк савăнăç,—теççĕ ăна юлташĕсем.

Заира Петровна Эльдарова çамрăк аспирантка. Ыран вăл наука кандидачĕ ятне илме çырнă диссертацие хÿтĕлет. Юлташĕсем ăна хăйĕн научнăй ĕçĕ çинчен лайăх доклад туса пама, наука кандидачĕ ятне илме ырлăх сунаççĕ.

Диссертаци хÿтĕлени!.. Мĕн тери пысăк та хисеплĕ ĕç вăл çамрăк çыннăн пурнăçĕнче. Çакă çамрăк аспиранткăн наукăри малтанхи утăмĕ пулса тăрать. Çавăнпа аспирантка тивĕçлипе хумханать. Диссертацие лайăх хÿтĕлесен наука кандидачĕ пулатăн.

Заира Эльдарова хăйĕн пурнăçне, пĕлĕвĕпе пултарулăхне халăха вĕрентсе ĕçе пама пулнă. Вăл вăтам шкултан тухсан икĕ çул ялти шкулта учительница пулса ĕçленĕ.

— Шкулти ĕç мана питĕ килĕшрĕ,—каласа парать Заира Эльдарова.—Эпĕ учительница ĕçне чĕререн юратрăм. Ĕç опычĕ мана чăваш шкулĕсенче вырăс чĕлхине вĕрентес ĕçре пысăк чăрмавсем пуррине кăтартса пачĕ. Эпĕ çак тĕлĕшпе ĕçлеме кăмăл турăм.

Пысăк ĕмĕтпе пурăнакан çамрăка вăтам пĕлÿ илни çырлахтармасть. Вăл аслă шкул пĕтерме ĕмĕтленет. Чăвашсен педагогика институтне чĕлхепе литература факультетне вĕренме кĕрет. Хăй суйласа илнĕ специальноçа лайăх та тĕплĕн вĕренме тăрăшать. Институтра малтанхи кунран пуçласах чи лайăх вĕренекен студентка шутланать. Комсомолка Заира Эльдарова отлично вĕреннĕ вăхăтрах общество́лла ĕçе те хастарлă хутшăнать.

Педагогика институтĕнче вĕреннĕ çулсем хăвăрт иртсе пыраççĕ.

1949 çул. Заира Эльдарова институтран вĕренсе тухмалли государство экзаменĕсенче пур предметсемпе те отлично паллăсем илет.

Хастарлă çамрăк наукăна алла илессишĕн чунтан тăрăшнине, вăл ку тĕлĕшпе çитĕнÿсем тума пултарассине преподавательсем асăрхамасăр тăма пултараймаĕ. Кашниех унăн пултарулăхне курнă. Çав вăхăтра кăçал вĕренсе тухнă студентсенчен аспирантурăна вĕренме ярас ыйту тăнă. Ученăй совет пĕр иккĕленмесĕр Заира Эльдаровăна аспирантурăна вĕренме яма йышăнать. Кĕрхунне вăл РСФСР Педагогика Наукисен Академийĕн наци шкулĕсен тĕпчев институчĕн аспирантки пулса тăрать.

Аспирантура Заира Эльдаровăна наукăна, хăй суйласа илнĕ специальноçа тĕплĕн вĕренме май парать. Вăл вăй-хала шеллемесĕр тăрăшса вĕренет. Çав вăхăтрах çамрăк аспирантка обществăлла ĕçе, комсомол организацийĕ ĕçне хастарлăн хутшăнать.

Столицăри паллă ученăйсен лекцийĕсене итлени, хăй тĕллĕн нумай ĕçлени, вулани, тĕпчев ĕçĕсем туни унăн пĕлĕвне чылай хăпартрĕ. Заира Эльдарова хăй те уйрăм темăсемпе научнăй лекцисемпе докладсем тăвать.

Аспиранткăн научнăй ĕçĕсене ертсе пыракан Н. К. Дмитриев профессор Заира Эльдаровăна хăйĕн класс диссертацийĕ валли тема суйласа илме сĕнет.

— Сирĕн наука енĕпе диссертаци çырма, наукăра хăвăр тĕллĕн малтанхи утăм тума вăхăт,—тет вăл ăна.

Çакă, кĕтмен хыпарах мар пулин те, темшĕн Заира Эльдаровăна хумхантарнă. Халиччен вăл вĕреннĕ, хатĕрленнĕ, кирлĕ материалсене пухнă, унпа диссертаци çинчен сăмах хускатаван пулман. Халĕ, акă тема суйласа илмелле те, научнăй ĕç çырма тытăнмалла.

Аспирантка чĕлхе ыйтăвĕпе халиччен пухнă материалсене, тĕпчев ĕçĕсене пăхса тухать. Профессорпа канашласа, хăйĕн шухăш-кăмăлĕсене каласа парать. Çакăн хыççăн вара «Вырăс чĕлхинчи япала ячĕсене чăваш шкулĕнчи V-мĕш класра вĕрентмелли методика» темăпа диссертаци çырма тытăнать.

Заира Эльдарова вырăс чĕлхине вĕрентес ĕçре чылай çĕнĕ ыйтусене сÿтсе парать. Вăл япала ячĕсене вĕрентнĕ чухне ачасене пĕрремĕш вĕçленÿрен пуçласах хăнăхтарса пырассине методика енчен тĕрĕс, наука вĕрентнĕ пек татса парать. Çапла аспирантка чăваш шкулĕсенче ĕçлекен учительсене вырăс чĕлхине вĕрентес ĕçре пулăшу памалли научнăй паха ĕç хатĕрлет.

Кăçалхи июлĕн 1-мĕшĕ. Педагогика наукисен академийĕн конференц-залĕ. Кунта столицăри, çĕршыври паллă ученăйсем, аста педагогсем пухăннă. Педагогика Наукисен Академийĕн ученăй совечĕ наука кандидачĕ ятне илме тăратнă диссертацисене пăхса тухать.

Ученăй совет секретарĕ Д. П. Викулин юлташ З. П. Эльдаровăн биографийĕпе унăн аспирантурăри вĕренÿпе обществăлла ĕçĕ çинчен каласа парать.

— Заира Петровна Эльдарова—чăваш хĕрĕ. Ăна Ленинла комсомол пăхса ÿстернĕ, совет шкулĕ вĕрентсе воспитани панă,—тет вăл.

— Хăйĕн научнăй ĕçĕ çинчен доклад тума З. П. Эльдаровăн сăмах илет,—пĕлтерет председатель пулса ертсе пыракан В. Голубков профессор.

Малтан питĕ хумханса калать докладчик. Хĕрĕн пуçма витнĕ вăрăм сĕтел хушшинче ларакан ученăйсем, залри халăх ун çине шăтарас пек пăхни, малтанхи научнăй ĕç çинчен доклад тăвасси çамрăк аспиранткăшăн сăмахлах пулман. Анчах вулани май хăнăхса пырать, хăйĕн наукăлла положенийĕсене тĕплĕн пурне те ăнланмалла каласа парать.

Доклад хыççăн официальнăй оппонентсем тухса калама тытăнаççĕ.

Б. К. Пашков профессор хăйĕн сăмахĕнче З. П. Эльдаровăн научнăй ĕçне пысăка хурса хаклать. Çак диссертаци нациллĕ ытти республикăсемшĕн те кирлĕ пулнине палăртса, ăна Мускавра пичетлесе кăларма сĕнет.

Педагогика Наукисен Академийĕн член-корреспонденчĕ Добромыслов тата Советкин, Кореневский, Рахманов профессорсем диссертацие лайăх хак параççĕ.

Заира Петровна Эльдарова, научнăй ĕçе питех те тăрăшса хатĕрленĕ пулин те, хăйĕн ĕçне ученăйсем çавăн пек лайăх хак парса йышăнасса кĕтмен. Çавăнпа вăл тухса каланă официальнăй оппонентсемпе ученăйсене чĕререн тав турĕ, вĕсем кăтартса панă çитменлĕхсене шута илсе, малашнехи ĕçре пĕтерме пулчĕ.

Ун хыççăн ученăй совет членĕсем вăрттăн сасăлаççĕ. Сасăсене шутлакан комиссии ученăй совет членĕсем пурте З. П. Эльдаровăна педагогика наукисен кандидачĕ ятне парассишĕн сасăлани çинчен пĕлтерет.

Çав кунах ученăй совет Советски районĕнче çуралса ÿснĕ, Чăвашсен педагогика институтĕнче преподаватель пулса ĕçленĕ Д. М. Макаров аспирантăн научнăй докладне итленĕ. Унăн ĕçне те лайăх хак панă. Д. М. Макарова педагогика наукисен кандидачĕ ятне памалла тунă.

Çĕршыври тĕрлĕ республикăсемпе облаçсенчен тата тĕрлĕ халăхсен çыннисем вĕренекен аспирантурăра чăваш çамрăкĕсем, совет наукине аталантарас тĕлĕшпе чылай паха ĕçсем çыраççĕ.

З. П. Эльдаровăпа М. Д. Макаров пекех Чăвашсен педагогика институтне пĕтернĕ, унта ассистент пулса ĕçленĕ С. П. Юшков аспирант «Чăваш глаголĕсем сăпатланни тата ăна V-мĕш класра вĕрентесси» тема тăрăх диссертаци çырнă. Çав ĕçре ăна Н. К. Дмитриев профессор руководитель пулса ертсе пынă. Вăл хăйĕн диссертацине çырнă чухне Вăрнарпа Çĕрпÿ районĕсенчи шкулсенче икĕ çул хушши сăнавсем, тĕпчев ĕçĕсем тунă, хускатнă çĕнĕ ыйтусене наука енчен тĕрĕс кăтартса пама тăрăшнă.

Чăвашсен педагогика институтĕнчен вĕренсе тухнă Е. В. Владимиров—Мускаври наци шкулĕсен тĕпчев институчĕн аспиранчĕ. Вăл «Чăваш шкулĕнче VIII—X-мĕш классенче Н. А. Некрасовăн произведенийĕсене вĕрентесси» тема тăрăх, СССР Академи наукин чĕлхе институчĕ çумĕнчи аспирантурăна вĕçлекен Н. П. Павлов «Чăваш чĕлхинчи деепричастисем тата вĕсен функцийĕсем» тема тăрăх диссертацисем çырнă. Вĕсем, хăйсен ĕçне тивĕçлипе хÿтĕлесе, наука кандидачĕсем пулма тăрăшса хатĕрленеççĕ.

Чăваш çамрăкĕсенчен аста специалистсем нумай тухни, вĕсем наука енĕпе ĕçлеме хавхалани пурне те савăнтарать. Малта пыракан совет наукине аталантарас, наукăн çутăлса тăракан тÿррине çитсе ĕçре вĕсене ăнăçлăх сунас килет.

**Н. МИНИН.**

# Тĕнчери лару-тăру

### ЛĂПКĂ ОКЕАН РАЙОНĔНЧЕ АНГЛИПЕ АМЕРИКА ХУШШИНЧИ ХИРĔÇÜСЕМ ÇИВĔЧЛЕНСЕ ПЫРАÇÇĔ

Çак кунсенче Вашингтонра Лăпкă океан пактне кĕрекен çĕршывсен совечĕн черетлĕ канашлăвĕ пулса иртнĕ. Америка хаçачĕсем çак канашлăва Лăпкă океан районĕнче Англипе Америка хушшинчи хирĕçÿсем йĕкăшланса пынă пек кăтартма пăхаççĕ пулсан та, çак хирĕçÿсем, чăннипе илсен, тата ытларах çивĕчленсе пыраççĕ. Канашлу пуçланиччен маларах Англире, Англи шучĕпе «йĕркеллĕ мар» пулса тăнă йĕркене пĕтерсе лартассишĕн, кампани пуçласа янă. США Англие Лăпкă океан пактне кĕртесшĕн мар. Çав вăхăтрах Британи империне кĕрекен икĕ çĕршыва—Австралипе Çĕнĕ Зеландие çав пакта кĕртнĕ. Лондон хăйĕн çак икĕ доминионĕ ытларах та ытларах США хыççăн кайма пуçланă пирки сахал мар пăшăрханать.

Лондонра, тесе çырнă «Обсервер» хаçат, Австралипе Çĕнĕ Зеланди Лăпкă океан пакчĕ урлă Америка политикине пăхăнса тăракан çĕршывсем пулма пултарас пирки шиклетеççĕ. Çак политика вăл Австралипе Çĕнĕ Зеландин интересĕсене те, Британи империне кĕрекен ытти çĕршывсен интересĕсене те хирĕç пырать. Лăпкă океан пактне кĕни Англин асăннă икĕ доминионĕн интересĕсене хирĕç пырать, тесе хаçат кăтартса пани вăл питех те вырăнлă калани пулать.

1951 çулта, Лăпкă океан пактне туса хунă вăхăтра, Пĕрлешÿллĕ Штатсем Австралипе Çĕнĕ Зеландие, ку пакт вăл çĕнĕрен вăй илекен Япони империализмĕ хăратса тăракан хăрушлăха сирсе яма кирлĕ тесе шантарса, çак пакта хутшăнтарма пултарчĕç. Чăннипе вара акă мĕн паллă пулса тăчĕ: Пĕрлешÿллĕ Штатсем Австралипе Çĕнĕ Зеланди хăрушсăрлăхĕшĕн питех те сахал тăрăшаççĕ. Лăпкă океан пакчĕ вăл çак çĕршывсене Америка Инçет Хĕвелтухăçĕнче тытса пыракан агрессиллĕ политикăна хутшăнтармалли, çавăнпа пĕрлех тата Англин икĕ пысăк доминионне хăйсен метрополийĕнчен уйăрса ямалли май пулнă. Японие илес пулсан, США Япони милитаризмне тепĕр хут уралантарас тĕлĕшпе хăй мĕн тума пултарнине пурне те тăвать...

Çакна Вашингтонри канашлу питĕ лайăх çирĕплетсе панă. Канашлăва уçнă чухне Даллес каланă требованисене канашлу решенийĕсенче çырса хунă. Даллесăн çак сăмахне вăл Сент-Луисра юнаса каланă сăмаха вĕçлесе çитерни е, тĕрĕссипе каласан, ăна тепĕр хут аса илтерсе калани пулать теме сăлтав пур. США государство секретарĕ Пĕрлешÿллĕ Штатсенчи ертсе пыракан ушкăнсем хăйсен «вăйпа хăратса тăмалли политикине» пурнăçласа пыма пулни çинчен тепĕр хут çирĕплетсе каланă. Вĕсем тĕнчери лару-тăрăва, уйрăммăн илсен, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи лару-тăрăва йывăрлатса пыма тăрăшаççĕ, вĕсем Индо-Китайри вăрçа уççăнах хутшăнма шут тытнă.

Тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатмалли çак плансене малалла аталантарса, Вашингтонри канашлу йышăннă решенире: «Коммунистла Китая йышăнасси çинчен е унăн представителĕсене ООН-а кĕртесси çинчен сăмах та пыма пултараймасть», тесе çырса хунă.

Канашлу решенийĕсенче Лăпкă океан пактне кĕрекен «членсен шутне ÿстерме» шутланине татăклăн сирсе янă. Урăхла каласан, Англи çак пакта кĕрекен çĕршывсен йышне ÿстерме ыйтнине хирĕç Англие алăк çине тĕллесе кăтартрĕç. Çапла ĕнтĕ, Англи Австралипе Çĕнĕ Зеландие Америка хыççăн кайма парас мар, тесе хăтланнинчен нимĕн те тухман.

Англипе Америка хушшинчи хирĕçÿсем çивĕчленсе пыни енчен пăхсан, Америка хаçачĕ «Нью-Йорк геральд трибюн» Лăпкă океан пактĕнче «США-па Британи империйĕн позицийĕсем килĕшсе пыраççĕ» тата çак çар блокĕ «хирĕçÿсене пĕтерсе пыракан фактор пулса тăрать», тесе çырни вăл Англирен тăрăхласа çырни пулать.

### КОРЕЯ ХАЛĂХ ХУÇАЛĂХНЕ ЮСАÇÇĔ

Корейăра перемири тунă хыççăн малтанхи кунсенчех геройла Корея халăхĕ хăйĕн республикин интервентсем юхăнтарса хăварнă халăх хуçалăхне юсас ĕçе тытăнчĕ. Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн август уйăхĕн пуçламăшĕнче пулса иртнĕ пленумĕнче Демократиллĕ Корея Халăх Республикин министрĕсен кабинечĕн председателĕ Ким Ир Сен республикăри ĕçсыннисене халăх хуçалăхне юсаса аталантарас тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме чĕнсе каланă. Ким Ир Сен пĕтĕм ресурссене мобилизацилес, ĕç вăйĕпе тĕплĕн усă курас, ĕç процесĕсене механизацилес, квалификациллĕ кадрсем хатĕрлес, перекетлĕхшĕн кĕрешес задачăсем вăраха ямасăр татса памалли задачăсем пулнине палăртнă. Июлĕн 30-мĕшĕнче Корея правительстви вăрçă юхăнтарса хăварнă хуласене юсасси çинчен тата Пхеньян хулине юсасси çинчен ятарласа решенисем йышăннă. Республикăн вăхăтлăх столицине юсас ĕçе пурнăçлама тытăннă та ĕнтĕ. Ăна юсама 10—15 çул хушши вăхăт палăртнă. Малтанхи черетре тумалли ĕçсене виçĕ çул хушшинче туса иртерме палăртнă. Интервентсем юхăнтарса хăварнă хула кĕске вăхăт хушшинчех хула-сад, Корейăн промышленноçлă тата культурăллă пысăк центрĕсенчен пĕри пулса тăрать.

Вĕренÿ çулĕ пуçланнă май Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительстви шкулсен шутне ÿстерес тата халăха вĕрентес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе чылай постановленисем йышăннă. Кăçал çĕнĕрен 70 шкул тата 9 техникум уçнă. Шкула çÿрекен ачасен шучĕ 200 пин çын таран ÿснĕ.

Сентябрĕн 8-мĕшĕнче министрсен кабинечĕ тырпул акса тăракан çĕр лаптăкĕсене йĕркене кĕртес тĕлĕшпе постановлени йышăннă. Кунта сăмах Америка самолечĕсем çĕмĕрсе тăкнă пĕвесене, дамбăсене тата ыттисене те юсасси çинчен пырать. Тепĕр икĕ çултан Корея ялхуçалăхĕ вăрçăчченхи шайран ытларах продукци туса илме тытăнать.

Корея правительстви хăйĕн тĕп тĕллевĕ вăл халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатасси тата унăн культурăллă шайне ÿстерессипулать, тесе шутлать. Июль уйăхĕн вĕçĕнче республикăра апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакне чылай йÿнетмелле тунă. Йывăр промышленность предприятийĕсене юсанипе пĕрлех, кулленкирлĕ таварсем туса кăларакан предприятисене кĕске вăхăтрах юсаса çитерме йышăннă.

Корейăри хаçатсем промышленность предприятийĕсене, электростанцисене, чугун çулсене, мелиораци сооруженийĕсене юсас ĕçсем вăйланса пыни çинчен, Корейăри рабочисемпе хресченсен ĕçри çитĕнĕвĕсем çинчен кашни кунах çырса пĕлтереççĕ. Ким Чак ячĕпе тăракан металлурги заводĕнче, Нампхори тĕслĕ металсен заводĕнче, Сынхорири хими комбиначĕпе цемент заводĕнче, Сунхунри электростанцире тата ытти предприятисенче те пысăк ĕçсем туса иртереççĕ. Чылай предприятисем ĕçлеме тытăннă те ĕнтĕ. Нумай предприятисенче малтанхи черетпе юсамалли ĕçсене туса пĕтернĕ.

Вăрçă юхăнтарса хăварнă хăйĕн экономикине аталантарас ĕçре Корея халăхне тĕнчери пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх, чи малтан, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем пулăшаççĕ. Совет правительстви Корея халăх хуçалăхне юсама пĕр миллиард тенкĕ укса уйăрса пачĕ. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен кабинечĕ ятарласа йышăннă постановленире çакна палăртнă: ку укçапа халăх хуçалăхне юсас ĕçре, республикăна малалла индустриализацилеме тата Корея халăхĕн материальнăй тата культурăллă шайне ÿстерме никĕс туса хурас ĕçре усă курмалла.

Корея халăхĕ, тенĕ постановленире, совет халăхĕпе тытакан тăванла туслăха малашне тата вăйлăрах çирĕплетет. Вăл хăйĕн халăх хуçалăхне вăрçă хыççăнхи вăхăтра юсаса аталантармалли пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлĕ...

### ЧАН КАЙ-ШИ УШКĂНĔ ООН ГЕНЕРАЛЬНĂЙ АССАМБЛЕЙИН РЕШЕНИЙĔСЕНЕ ХИСЕПЕ ХУМАСТЬ

ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕн, ытти ыйтусемпе пĕрле, гоминдан ушкăнĕ Бирма Союзне хирĕç тăвакан агрессиллĕ ĕçсем çинчен тăракан ыйтăва сÿтсе явмалла. Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, ку ыйтăва Генеральнăй Ассамблейăн VII-мĕш сессийĕнче сÿтсе явнă. Сесси гоминдановецсен Бирмăри ирсĕр ĕçĕсене сивленĕ, Чан Кай-ши бандисене Бирмăран илсе тухасси çинчен решени йышăннă. Анчах гоминдановецсем, чăннипе илсен, çак решение шута хумаççĕ.

Бангкокра майăн 22-мĕшĕнче США, Бирма, Таиланд представителĕсемпе гоминдановецсем хушшинче Чан Кай-ши вăрă-хурахĕсене Бирмăран илсе тухса каймалла тăвасси çинчен каласусем пуçланнă. Çак каласусем, Бирма правительствин представителĕ сентябрĕн 15-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, гоминдановецсем ООН решенийĕсене «тÿрĕлĕхлĕ пурнăçлама нимĕн чухлĕ те шутламаннине» кăтартса панă. Çав вăхăтрах гоминдан вăрă-хурахĕсем ют çĕршывсен (тĕрĕсрех каласан—Америкăн) хĕçпăшалне илсе тăраççĕ, Бирма территорийĕнче йĕркесĕр ĕçсем тăваççĕ, мирлĕ халăха çаратаççĕ. Хальхи вăхăтра вĕсен çарĕ 12 пин çынна çитет.

Ют çĕршывсенче тухса тăракан хаçатсем пĕр хутçеç мар ĕнтĕ, Пĕрлешÿллĕ Штатсем гоминдановецсем валли Бирмăна хĕçпăшал тăратни çинчен, Чан Кай-ши вăрă-хурахĕсене Америка офицерĕсем вĕрентни çинчен çырчĕç. Кăçалхи март уйăхĕнче Бирма правительстви, США Бирмăри гоминдановецсене уççăнах пулăшса тăнине хирĕç протестлесе, Америкăран техникăлла «пулăшу» илме пăрахни çинчен решени йышăннă.

Чан Кай-ши ушкăнĕсен Бирмăри агрессиллĕ ĕçĕсем Инçет Хĕвелтухăçĕнчи мире хăратса тăраççĕ. Пĕрлешÿллĕ Штатсем гоминдан вăрă-хурахĕсене уççăнах пулăшса тăни çакăн çинчен калать: Пĕрлешÿллĕ Штатсем çĕр чăмăрĕн тĕрлĕ районĕсенче тĕнчери лару-тăрăва пур майсемпе те йывăрлатма тăрăшаççĕ. Çакăн çинчен Бирмăри ĕçсем лайăх кăтартса параççĕ.

С. ИВАНОВ.

### ПХЕНЬЯНРА ОБЩЕСТВĂЛЛА НАУКА РАБОТНИКĔСЕН КАНАШЛĂВĔ ПУЛСА ИРТНĔ

ПХЕНЬЯН, сентябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Пхеньянра Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи обществăлла наука работникĕсен канашлăвĕ пулса иртнĕ. Канашлу идеологи фронтĕнче ĕçлекен работниксем умĕнче вăрçă хыççăнхи условисенче тăракан задачăсем çинчен сÿтсе явнă. Канашлу ĕçне Корейăри Ĕçлĕх партийĕпе правительство руководителĕсем, профессорсем, аслă шкулсенче вĕрентекен преподавательсем, наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен, партипе обществăлла организацисен работникĕсем хутшăннă.

Халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантарасси çинчен Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн агитаципе пропаганда пайĕн заведующийĕ Ким Чан Ман доклад туса панă. Канашлура çавăн пекех идеологи фронтĕнче ĕçлекен работниксем умĕнче çĕршыври халăх хуçалăхне юсас тĕлĕшпе тăракан задачăсем çинчен доклад итленĕ.

### РУМЫНИРЕ ЯЛХУÇАЛĂХ КАДРĔСЕМ ХАТĔРЛЕÇÇĔ

БУХАРЕСТ, сентябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Халăх влаçĕ пуçланнăранпа Румынире ялхуçалăх шкулĕсем нумай уçнă. Вĕсем государство хуçалăхĕсемпе ялсенчи коллективлă хуçалăхсен валли агрономсем, зоотехниксем, механизаторсем, сад ĕçченĕсем тата ытти специалистсем хатĕрлеççĕ. Çĕршывра хальхи вăхăтра аслă тата вăтам ялхуçалăх шкулĕсем 197 шутланаççĕ. Вĕсенче 29 пин студент вĕренет.

Аслă шкулсемпе вăтам шкулсенсĕр пуçне, Румынире ялхуçалăх шкулĕсемпе курссем 160 ĕçлеççĕ. Вĕсенче тракторристсем, уй-хир ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх бригадисен, бригадирĕсен тата ыттисен те 22 пин çын ытла вĕренет.

## Тыткăнри çар çыннисене вăйпа тытса чарас тĕлĕшпе Америкăпа Ли Сын Ман хатĕрленĕ план

Синьхуа агентствин корреспонденчĕ пĕлтерни

ПЕКИН, сентябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернинче Ли Сын Ман ушкăнĕ Корея халăх çарĕн Инди çĕршывĕн хурал çарĕсен аллине паман тыткăнри çар çыннисене пурне те тытса чарассипе хăратни çинчен каланă. Сăмахран, Ли Сын Манăн тĕп агенчĕ Вон Ион Дук сентябрĕн 18-мĕшĕнче çавăн пек хăратса каланă. Вăл, Америка ирĕк панипе, перемири çинчен килĕшÿ тăвиччен Корея халăх çарĕн тыткăнри 27 пин çынна лагерьсенчен илсе тухса кайнă пулнă.

Корреспондент çапла çырать: Вон Ион Дук тыткăнри çар çыннисене тытса чарасси çинчен хăратса калани вăл американецсем тыткăнри çар çыннисене вăйпа тытса чарасси çинчен хăйсем малтан туса хатĕрленĕ план пĕтĕмпех путланса ларасран хăрани çинчен калать. Юлашки кунсенче, тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕсем пуçланиччен, Корейăпа Китай енĕн тÿрех репатриаци тумалла мар çыннисен шутне кĕртнĕ нумай салтакĕсем хăйсене халех репатриаци тума ыйтаççĕ. Çакă вăл американецсемшĕн кĕтмен çĕртен килсе тухнă ĕç пулнă. Халĕ вĕсем хăйсен лакейĕ Вон Ион Дук пулăшнипе Инди çĕршывĕн хурал çарĕсен аллине паман 20.800 тыткăнри çар çыннине тытса чармалли сăлтав шыраççĕ.

Корреспондент пĕлтерĕвĕнче каланă тăрăх, Ли Сын Ман ушкăнĕн çакнашкал планне американецсем пулăшнипе тунă. Хальхи вăхăтра, тесе çырать корреспондент, Корея халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен çарĕсен тыткăнри çар çыннисем Кăнтăр Корейăра Америка çарĕсен хуралĕн аллинче тăраççĕ. Американецсемпе лисынмановецсем малтанах каварлашса хумасăр Вон Ион Дук, паллах, хăй юнанине пурнăçлама пултараймасть.

Пĕлтерÿре каланă тăрăх, сăнаса тăракансем кунта çакна кăтартса параççĕ: американецсен хăйсен аллинче тăракан тыткăнри çар çыннисене пурне те памалла. Американецсен, тыткăнри çар çыннисене ют çĕршыв государствисен представителĕсенчен уйăрса тунă комисси аллине тата Инди çĕршывĕн хурал çарĕсен аллине панă хыççăн, тыткăнри çар çыннисем «массăллăн тарса кайсси» е вĕсене вăйпа «ирĕке кăларасси» пулма памалла мар.

## Иранри лару-тăру пирки.

ПАРИЖ, сентябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин Тегеранри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Захеди правительстви Абаданра «тасату ĕçĕсене вăйлатасси çинчен» тата Иранри нефть компанийĕнчен Мосаддык майлă тăракан çынсене пурне те кăларса ярасси çинчен распоряжени панă.

Çак ĕçсем вĕсем, корреспондент кăтартса панă тăрăх, Иранри нефть компанине сĕнĕлле организацилес умĕн туса иртterевен ĕçсем пулаççĕ. Çак майсемпе генерал Захеди Пĕрлешÿллĕ Штатсем умĕнче шанăça тухма шутлать.

## Эттли радио тăрăх тухса калани

ЛОНДОН, сентябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер радио тăрăх тухса каланă чухне лейбористсен партийĕн пуçлăхĕ Эттли, майăн 11-мĕшĕнче Черчилль общинăсен палатинче тухса каланă сăмах çинчен аса илтерсе, çапла каланă:

«Унăн пуçарăвне йышăнмании питех те пăшăрхантарать. Çавăн вырăнне Вашингтонра Солсбери, Даллес, Бидо тĕл пулассине организацилерĕç. Эпĕ çак тĕлпулу мĕнле те пулсан усăллă ĕç тума пултарасса питех шанса тăман. Вăл çакăн пек пулчĕ те ĕнтĕ. Ман шутпа, çавăн хыççăн тĕнчери лару-тăру, пĕтĕмĕшпе илсен, начарланчĕ».

Инçет-Хĕвелтухăçĕнчи ĕçсем çинче чарăнса тăрса, Эттли çакна кăтартса панă: Пĕрлешÿллĕ Штатсем Корея ыйтăвĕ тăрăх пухăнакан Политикăлла конференцие Инди çĕршывне хутшăнтарассине хирĕç тăчĕç, çапла вара Азири пысăк государство представительне конференцие хутшăнтармалла мар турĕç. «Америка хăйĕн шухăшĕпе килĕшмен пур ĕçсем çине те çакăн пек хирĕçсе пăхнине эпĕ питех те хăрушă ĕç пулса тăрать, тесе шутлатăп,—тенĕ Эттли.—Ман шутпа çакă вăл тулашри политика енĕпе тÿсĕмсĕр пулнине кăтартса парать. Çакă вăл нумай çынсене кÿрентерет».

«Кунсăр пуçне,—тенĕ малалла Эттли,—Пĕрлешÿллĕ Штатсем Китай халăх правительстви Хăрушсăрлăх Советĕнче хăйне тивĕçлĕ вырăн йышăнма тăвине тата ытларах хирĕç тăма пуçларĕç. Çак вырăна, каличчĕхи пекех, халăх куçĕ умĕнче шанăçсăра тухнă Чан Кайши хÿрешкисем йышăнса тăни мир ĕçĕнче çитĕнÿ тумалли çул çинче чăрмав пулса тăрать». Эттли, чăн-чăн Китай правительстви ООН-ра хăйĕн вырăнне йышăнма кирлине палăртнă. Вăл тата çапла хушса каланă: «Ли Сын Ман Сурçĕр Корейăна туртса илме чĕнсе каланă сăмах пурне те шиклентерчĕ. Корейăна пĕрлештересси питех те кирлĕ, анчах ăна вăйпулăшнипе тума çук».

16 çĕршыв йышăннă деклараци çинчен каласа (çак деклараци çине Англи правительстви те алă пуснă), Эттли çапла каланă: «Пĕрмаях хăратса калани вăл ют çĕршывсем хушшинчи ĕçсене аслă меслетпе туса пынине пĕлтермест».

Хăйĕн «Америкăри тусĕсемпе» килĕштерсе ĕçлеме тăрăшни çинчен каласа, Эттли çакна палăртнă: «Анчах та ку пире хамăрăн шухăшсем çинчен каласа пама касоăрлемест. Эпир хамăр туссем аслă мар çул-йĕр тытаççĕ тесе шутлатпăр пулсан, туслăх пире çавăн çинчен калама хушать».

## Совет Союзĕпе Венгри спортсменĕсен Будапештра пулса иртнĕ ăмăртăвĕ

БУДАПЕШТ, сентябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта Венгри Халăх Республикипе Совет Союзĕн çăмăл атлечĕсен ăмăртăвĕ пулса иртнĕ.

Совет спортсменĕ Литуев чаплă çитĕнÿ тунă. Вăл 400 метра 50,4 секунд хушшинче чупса тухнă (Пĕтĕм Союзри унчченхи рекорд 50,7 секунд пулнă).

Диск ывăтас енĕпе малти вырăна венгерец Клич йышăннă. Вăл диска 53,35 метр ывăтнă (Венгри рекорчĕ—53,44 метр). Совет спортсменĕ Григалка тепĕр хут Пĕтĕм Союзри рекорд тунă. Вăл диска 53,17 метр тарана ывăтнă (диск ывăтас енĕпе малтанхи рекорд 52,91 метр пулнă).

200 метра Игнатьев 21,3 секундра чупса тухнă.

800 метра чупас енĕпе венгерка Кази Венгришĕн çĕнĕ рекорд тунă. Вăл виççĕмĕш вырăн йышăннă. 800 метра 2 минут та 12,4 секундра чупса тухнă. Арçынсем хушшинче 5.000 метра чупас енĕпе венгерец Ковач малти вырăна йышăннă. Вăл, çак дистанцие 14 минут та 1,2 секундра чупса тухса, Венгришĕн çĕнĕ рекорд тунă.

Арçынсем хушшинче юри тунă чăрмавсем урлă сиксе каçса 3.000 метра чупса тухас тĕлĕшпе Совет спортсменĕсем çĕнтернĕ. 3.000 метра Казанцев 8 минут та 49,8 секундра, Салтыков 8 минут та 52,8 секундра чупса тухнă.

Хĕрарăмсем хушшинче сăнă ывăтас енĕпе пĕрремĕш вырăна Чудина йышăннă. Вăл сăнăра 51,59 метр тарана ывăтнă. Иккĕмĕш вырăнта—Коняева. Вăл сăнăна 49,85 метр тарана ывăтнă.

200 метра чупас енĕпе малти вырăна совет спортсменĕсемпе спортсменкисем йышăннă.

Хĕрарăмсен тăваттăн 100-шер метр чупмалли эстафетăра совет команди çĕнĕ рекорд тунă. Унăн результачĕ 45,6 секунд.

Икĕ çĕршыв спортсменĕсен ăмăртăвĕн татăклă результачĕ çакăн пек: Совет Союзĕн спортсменĕсем Венгри спортсменĕсене 199:124 шутпа çĕнтернĕ.

## *Тĕнчери шахмат турнирĕнче*

ЦЮРИХ, сентябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнче чемпионĕпе М. Ботвинникпа тĕл пулса вылямма тивĕçлĕ пулассишĕн пыракан шахмат турнирĕн ĕнер Цюрихра пулса иртнĕ 12-мĕш вăййинче Тайманов Геллертан, Найдорф Котовран выляса илнĕ. Котов вăййа вĕçĕнче пысăк йăнăш тунă. Петросянпа Болеславский, Сабопа Эйве хушшинчи вăййа никам выляса илейменнипе вĕçленнĕ.

Тепĕр хут вылямма хăварнă партисенче Бронштейн Кересран пăртак маларах тăрать. Смысловпа Глигорич хушшинчи партире Смысловăн пĕр пешка ытларах. Çавăн пекех Авербахпа вылямалли партире Штальбергăн та пĕр пешка ытларах.

Паян канмалли кун пулнă. Выляса пĕтермесĕр юлнă партисене сентябрĕн 21-мĕшĕнче выляççĕ.

## Елизавета Быкова хĕрарăмсем хушшинче шахмат вăййи енĕпе тĕнче чемпионĕ ятне илнĕ

ЛЕНИНГРАД, сентябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Паян шахмат вăййипе тĕнчере малти вырăна тухассишĕн совет спортсменкисем—Людмила Руденкăпа Елизавета Быкова хушшинче пынă ăмăрту вĕçленнĕ. Юлашки, 14-мĕш партире Руденко позицийĕ кăштах лайăхрах пулнă. Çак партие выляса пĕтернĕ чухне Быкова питĕ ăстан хÿтĕленнĕ. Çакна пула вăййа никам çĕнтерейменсĕр вĕçленесси паллă пулнă. Руденко, мĕнле те пулсан çĕнтерес тесе, кĕрешĕве çивĕчлетсе пынă, анчах та 60-мĕш хут çÿренĕ хыççăн вылямма чарăннă. Матч 8:6 шутпа Быкова çĕнтернипе вĕçленнĕ. Çапла вара хĕрарăмсем хушшинче шахмат вăййипе тĕнче чемпионĕ ятне Мускав спортсменки, тĕнчери шахмат мастерĕ Е. И. Быкова илнĕ.

Матч вĕçленнĕ ятпа паян Ленинградри Физкультура çурчĕн Розовăй залĕнче лару пулнă. Ăмăртăва хутшăннисене саламласа, СССР Сывлăх министерствин Физкультурăпа спорт ĕçĕсен главнăй управленийĕн начальникĕн заместителĕ Л. А. Данилова сăмах каланă. Матчăн главнăй судьи—тĕнчери категориллĕ судья В. С. Чудова (СССР) матч протоколне вуласа панă. Ăмăртăва тĕнчери шахмат федерацийĕн президенчĕ çирĕплетнĕ положени тăрăх иртернĕ. Кун хыççăн матчăн главнăй арбитрĕ, тĕнчери категориллĕ судьи Фриц Андерссон господин (Швеци) сăмах тухса каланă. Вăл совет шахматисткисен вăййи питĕ хăюллă пулнине палăртнă. Вĕсем иккĕшĕ те çĕнтерÿ тума тăрăшнă. Çавна пула вăйăра лайăх та интереслĕ вырăнсем нумай пулнă. Андерссон господин арçынсем хушшинче те, хĕрарăмсем хушшинче те шахмат вăййи енĕпе тĕнче чемпионĕсем ситĕнтернĕшĕн Совет çĕршывне сывлăх суннă, Быкова юлташа матчăн кусса çÿрекен парнине панă.

Тĕнчери шахмат федерацийĕн вице-президенчĕ В. В. Рагозин (СССР) Е. И. Быкова шахмат вăййипе хĕрарăмсем хушшинче тĕнче чемпионĕ пулса тăни çинчен пĕлтернĕ, унăн çине лавр çыххи хунă.

Вăйăра мала тухнă Быкова шахматисткăна Пĕтĕм Союзри шахмат секцийĕн, Ленинград хулинчи тата ытти хуласенчи спортпа шахмат общественноçĕн представителĕсем саламланă.

## Чилири забастовка

БУЭНОС-АЙРЕС, сентябрĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Чилире тухса тăракан «Эль Сигло» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Чилири Америка компанийĕ аллинче тăракан селитр предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисен забастовки малалла пырать. Забастовкăна 12 пин çын ытла хутшăннă.

Чилири нумай предприятисенче, Америка компанийĕ рабочисене хирĕç тăвакан ĕçсене протестлесе, митингсем пулса иртеççĕ. Ĕçсыннисем Америка компанийĕ аллинчи предприятисене национализацилеме ыйтаççĕ.

## Колхозниксен шашка турнирĕ вĕçленчĕ

Сентябрĕн 16-мĕшĕнче Калинин хулинче Пĕтĕм Союзри колхозниксен шашка турнирĕ вĕçленчĕ. Унта сакăр команда хутшăнса вылярĕ. Молдаван ССР команди, 35 очко илме май пур çĕртен 24 очко илсе, малти вырăна тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта РСФСР команди. Унăн 21 очко. Белорус ССР командин 20,5 очко.

Пирĕн республика представителĕ А. Егоров 5,5 очко пухнă. Вăрмар районĕнчи «Маяк» колхоз членĕ А. Фомин лайăх вылянă. Вăл 7 очко илме май пур çĕртен 5 очко илнĕ.

Молдаван ССР командине пĕрремĕш степень диплом тата куçса çÿрекен кубок панă.

Малти виçĕ вырăна тухнă участниксене хаклă парнесем панă.

## *Футбол*

### РЕСПУБЛИКĂРА МАЛА ТУХАССИШĔН

Иртнĕ вырсарникун Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн Чапаевски поселок командипе Сĕмĕрлери «Урожай» спорт обществин команди тĕл пулса вылярĕç. Çак вăййă 2:1 шутпа, Сĕмĕрле спортсменĕсем çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртура халĕ Сĕмĕрлери «Красная звезда» спорт обществин тата Чапаевски поселок командисем малта пыраççĕ. Çак командăсен пĕрер вăййă çеç иртермелле — пĕр-пĕрипе тĕл пулса выляmalla. Кăçал футбол вăййипе республика чемпионĕ ятне кам çĕнсе илесси çак тĕлпулуран килет. Сĕмĕрле спортсменĕсем çĕнтерсен е вăййă никам çĕнтерейменнипе вĕçленсен «Красная звезда» команди республика чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулать.

### КОЛХОЗ КОМАНДИСЕМ ХУШШИНЧЕ РЕСПУБЛИКА КУБОКНЕ ИЛЕССИШĔН

ÇĔРПӲ. Сентябрĕн 20-мĕшĕ. Район центрĕнчи стадионра колхоз командисем хушшинче футбол вăййипе республика кубокне илессишĕн пыракан ăмăртăвăн юлашки вăййи (финалĕ) пулса иртрĕ.

Финалта Октябрьски тата Çĕрпÿ районĕсенчи футбол командисем тĕл пулса вылярĕç. Вăййă пысăк çĕкленÿпе иртрĕ. Уйрăмах Çĕрпÿ районĕн спортсменĕсем активлă вылярĕç. Вăййă 5:0 шутпа, вĕсем çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Çапла вара Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхозри футбол команди, колхоз командисем хушшинче иртернĕ ăмăртура мала тухса, республика кубокне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01472 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.